ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 6 ЫТЛАРИКУН № 90 (8742) Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

СССР Министрĕсен Совечĕ СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем (1952 çулхи кăларăм) кăларасси çинчен постановлени йышăнчĕ.

Пурте пĕр çын пек пулса заем çырăнса илер, юратнă Тăван çĕршыв хăватне малалла тĕреклетсе пырар!

## Çĕнĕ заема пурте çырăнса илер!

Кăçалхи Май уявне совет халăхĕ коммунизм строительствин пур участокĕсенче те чаплă çĕнтерÿсем тунипе паллă турĕ. Совет халăхĕ хăйĕн пысăк савăнăçне, тулли шухăш-кăмăлне демонстрацисене илсе тухнă плакатсемпе хĕрлĕ хăмачсем çинче çырнă çак виçĕ сăмахпа каласа пачĕ:

— Аслă Сталина мухтав!

Çак сăмахсем—кашни совет çыннин чĕринчен тухакан телейпе шанăç сăмахĕсем. Çак сăмахсенче пирĕн вăй, пирĕн тĕрек, мухтавпа хавасăх. Аслă Сталинпа большевиксен партийĕ ертсе пынипе паттăр та ĕçчен совет халăхĕ çĕнĕ пурнăç, коммунизмлă общество тăвать. Вăрçă хыççăнхи пилĕк çуллăх плана эпир тăватă çул та виçĕ уйăхра пурнăçларăмăр. 1951 çулхи халăх хуçалăх планне ăнăçлăн тултарассишĕн ĕçсыннисем татах та пысăкрах вăй-хăватпа кĕрешрĕç. Иртнĕ çул та, ытти çулсенчи пекех, халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсем те пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пычĕç. Социализмлă индустри малалла улăп утăмĕсемпе утать. Колхозсен обществăллă хуçалăхĕ тăтăшах ÿсет. Пĕтĕм халăх хуçалăхĕ çĕнĕ те вăйлă техникăпа хĕçпăшалланать.

Совет çыннисем çутçанталăка улăштармалли сталинла аслă программăна пурнăçа ăнăçлăн кĕртсе пыраççĕ. Вăрман тăрăхĕсем лартни, Атăлпа Дон, Днепрпа Аму-Дарья çинче пысăк гидроэлектростанцисем туни, пăрахутсем çÿремелли тата çĕре шăвармалли аслă каналсем чавни—пушхирсене çеçенхирсем тума май параççĕ, ĕçсыннисен ĕмĕрхи пысăк ĕмĕчĕсене пурнăça кĕртме пулăшаççĕ.

Коммунизм строительствин аслă тĕллевĕ совет халăхне ĕçре çĕнĕрен чаплă çĕнтерÿсем тума хавхалантарать. Сулăмлă патриотизм, Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн юратни, большевиксен партийĕ, юратнă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр аслă Сталин тавра тачă пĕтĕçсе тăни—акă ĕç-та совет çыннисен ĕçри хастарлăхĕн иксĕлми хăватлă çăлкуçĕ.

Совет çыннисен пурнăçĕ йăла условийĕсем çултан-çул лайăхланса пыраççĕ. «Эксплуатацие пĕтерни, хулара ĕççĕрлĕхе пĕтерни, ялта чухăнлăха пĕтерни,—çаксем вĕсем ĕçсыннисен материальнăй пурнăçĕ тĕлĕшпе тунă питех те пысăк историллĕ çитĕнÿсем пулаççĕ, вĕсем çинчен чи «демократиллĕ» буржуаллă çĕршывсенчи рабочисем хресченсем ĕмĕтленме те пултараймаççĕ» (И. Сталин).

Большевиксен партийĕпе Совет правительстви халăх интересĕсем çинчен çуллĕ вырăнта тăраççĕ. Совет государстви халăх ырлăхĕшĕн тăрăшни социализмлă общество аталанăвĕн çирĕп законĕ пулса тăрать. Халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн тимлĕн тăрăшни Совет правительствин таварсен хакĕсене тăтăшах йÿнетсе пынинче те яр-уççăн курăнать. 1951 çулта промышленноçра яхăхсулăх производстве енĕпе çĕнĕ çитĕнÿсем тунă, ĕç тухăçлăхне ÿстерни тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетни куллен кирлĕ апат-çимĕç таварĕсен хакĕсене каçал-çĕнĕрен—пиллĕкмĕш хут—йÿнетме май пачĕ. Партипе правительство халăхшăн тимлĕн тăрăшни çине совет çыннисем тăван государство ирттерекен пур ĕçсене те пысăк хавасланăва хутшăнниипе ответлеççĕ.

Ĕнер Совет правительстви СССР халăх хуçалăхне аталантармалли çĕнĕ заем кăларма йышăнни çинчен радио тăрăх пĕлтерчĕç. Заемăн тĕллевĕ паллă: заем укçипе тенки Совет Союзĕн экономикине культура строительствине малалла вăйлатма, коммунизмăн аслă стройкисене хăвăртрах пурнăçлама, Тăван çĕршывăн вăй-хăватне çирĕплетме, халăх пурнăçне тата ытларах лайăхлатма каять.

Тăван çĕршывăн тĕрекне ĕçпе те, тенкĕпе те çирĕплетер!—Çак йăла совет çыннисен пурнăç йăлине çирĕп кĕрсе вырнаçнă. Совет çыннисем—Тăван çĕршывăн хĕрÿллĕ патриочĕсем. Заем çырăнса илесси вĕсемшĕн патриотла таса тивĕç, социализмлă государство ирттерекен хуçалăхла-политикăлла ĕçе активлăн хутшăнмалли майсенчен пĕри пулса тăрать.

Совет Союзĕнче заемсем сарса пухакан укçа-тенкĕ халăх хуçалăхĕпе культура ĕçне вăйлатма, халăхăн культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатма каять пулсан, капитализмлă çĕршывсенче вара заем кăларса пухакан укçа-тенкĕ хĕçпăшаллланас, агрессиллĕ çĕнĕ вăрça хатĕрленес ĕçе каять. Çакна май унта ĕçсыннисен пурнăçĕ начарланнăçем начарланса пырать.

Пирĕн заемсем пĕтĕм тĕнчипе миршĕн пыракан юхăмăн тĕрекĕ пулса тăракан Совет государствин вăй-хăватне çирĕплетеççĕ, халăхсем хушшинчи туслăхпа мире çирĕплетме пулăшаççĕ.

Çавăнпа ĕнтĕ совет заемĕсене пирĕн ĕçсыннисем хавасланса çырăнса илеççĕ, çавăнпа ĕнтĕ пирĕн заемсем хăвăрт саланаççĕ. Заем облигацийĕсене илсе, хуласемпе ялсенчи ĕçсыннисем çакна шута илеççĕ: вĕсем государствăна хăйсен укçине кивçен панипе халăх хуçалăх планĕсене пурнăçлама, çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, çĕнĕ чугун çулсем, çĕнĕ йышши пысăк машинăсем тума пулăшаççĕ. Социализмлă государствăна кивçен панă укçа-тенкĕ вăл—çĕнĕ гидроэлектростанцисемпе каналсем, çĕнĕ вăрман тăрăхĕсем, çĕнĕ хуласемпе поселоксем, çĕнĕ шкулсемпе библиотекăсем, яслисемпе ача сачĕсем, клубсемпе вулав çурчĕсем, больницăсемпе санаторисем.

Заем сарса пухакан укçа-тенкĕ пирĕн государство бюджетĕнче чылай пысăк вырăн йышăнса тăрать. Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче халăх государствăна 76 миллиард тенкĕ ытла кивçен укçа панă. Çакă вăл вăрçăра хаяр тăшмана тапăнса çĕнтерме нумай пулăшнă. Вăрçă хыççăнхи çулсенче заемсем сарнипе бюджета пурĕ 130 миллиард тенкĕ яхăн укçа кĕнĕ. Çакă вăл хуçалăха юсаса малалла аталантарас ĕçре пысăк пулăшу пулса тăчĕ.

Совет заемĕсем халăх хуçалăхне культурăна ÿстерме пулăшнипе пĕрлех ĕçсыннисене хăйсен пурнăçĕсенче пысăк усă кÿреççĕ. Вунпилĕк миллион совет çыннисем заем облигацийĕсемпе нумай выляса илеççĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче кăна облигацисем тăрăх 17 миллиард тенкĕлĕх выляса укçи тÿленĕ. Пирĕн республикăри ĕçсыннисем 1950 çулта 11 миллион та 419 пин тенкĕ выляса илнĕ пулсан, иртнĕ çулта 14 миллион та 750 пин тенкĕ илнĕ.

Совет заемĕсем—чăн-чăн халăх заемĕсем. Пирĕн заем облигацийĕсене тытакансем—рабочисем, служащисем, хресченсем. Совет Союзĕнче халĕ 70 миллион çын ытла заем тытать.

Çĕнĕ заем тухни çинчен хыпар пур çĕрте те хăвăрт сарăлчĕ. Ĕçсыннисем çĕнĕ заема, пĕр кăмăллă пулса, хапăл туса ырлаççĕ.

— Пирĕн заемсем—мирлĕ строительстве заемĕсем. Государствăна кивçен укçа парса, эпир хамăрăн пурнăçа чечеклентерме пулăшатпăр,—теççĕ вĕсем.

Паян çĕнĕ заема çырăнса илесси пуçланать. Заем сарас ĕç кунтан-кун анлăрах та анлăрах саралса пыма тивĕç. Çак ĕçе партипе Советсен вырăнти организацийĕсем большевикла оперативлăхпа ертсе пымалла, вĕсем совет заемĕсен политикăллă пысăк пĕлтерĕшĕ çинчен ĕçсыннисене тимлĕн ăнлантарса парас ĕçе анлăн йĕркелемелле. Çак ĕçе пĕтĕм совет комсомола профсоюз организацийĕсене, совет общественноçне, советла финанс активне хутшăнтармалла. Совет активисчĕсем заем çырăнса илес ĕçре ытти ĕçсыннисене пурне те паха пример кăтартмалла. Кашни рабочи, кашни колхозник тата служащи çĕнĕ заем туянтăр!

Пурте СССР халăх хуçалăхне аталантармалли çĕнĕ заема çырăнса илер, государствăна кивçен укçа парса, Тăван çĕршывăн тĕрекне вăйлатар, коммунизмăн аслă стройкисене хăвăртрах пурнăçлама пулăшар!

## СССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕТĔНЧЕ

### СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем (1952 çулхи кăларăм) кăларасси çинчен

СССР халăх хуçалăхне малалла аталантарас, Атăл çинче Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсене тума, Днепр çинче Каховка гидроэлектростанцине тума, Туркменири тĕп канала, Кăнтăр Украина тата Çурçĕр Крым каналĕсене тума укçа-тенкĕ парса тăрас ĕçе халăх укçи-тенкине хутшăнтарма СССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

1. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем (1952 çулхи кăларăм) 30 миллиард тенкĕлĕх, 20 çуллăха кăларас.

2. Заем облигацийĕсене тата вĕсем тăрăх илекен выигрышсене государство налогĕсем тата вырăнти налогсемпе сборсем хурассинчен хăтарас.

3. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем (1952 çулхи кăларăм) кăлармалли условисене, СССР Финанс министерстви хатĕрленисене, çирĕплетес.

4. Заем илме çырăнассине 1952 çулхи майăн 6-мĕшĕнче пуçламалла.

СССР МИНИСТРЕСЕН СОВЕЧЕ 1952 ÇУЛХИ МАЙĂН 5-МĔШĔНЧЕ ÇИРĔПЛЕТНĔ

## СССР Халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заем (1952 çулхи кăларăм) кăлармалли УСЛОВИСЕМ

1. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заема (1952 çулхи кăларăм) 1952 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1972 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕччenхи срока кăлараççĕ.

2. Заема пĕтĕмпех халăх хушшинче сарма кăлараççĕ.

Заем сармалли йĕркене СССР Финанс министерстви кăтартса парать.

3. Заем разрядсем çине пайланать, кашни разрядра 100-шер миллион тенкĕлĕх облигацисем пулаççĕ.

Кашни разрядра—20.000 сери. Кашни разрядри серисен номерĕсем 120.001 номертен пуçласа 140.000 номера çити пулаççĕ.

Кашни серири облигацисем 01-мĕш номертен пуçласа 50-мĕш номере çити пулаççĕ.

4. Заем облигацийĕсене 500, 200, 100, 50, 25 тата 10 тенкĕлĕх кăлараççĕ.

500 тенкĕлĕх тата 200 тенкĕлĕх облигацисем пĕр серири пилĕк е икĕ çĕршер тенкĕлĕх облигацирен тăраççĕ, вĕсен пилĕк е икĕ номер пулать, вĕсем тăрăх пилĕк е икĕ выигрыш тухма пултарать, çав выигрышсем облигаци çинче çырнă кашни номер çине пĕр вăхăтра тухаççĕ.

50, 25 тата 10 тенкĕлĕх облигацисем çĕр тенкĕлĕх облигацисен пайĕсем пулаççĕ тата çĕр тенкĕлĕх облигаци çине тухнă выигрышăн тивĕçлĕ пайне (½, ¼, 1/10 пайне) илме право параççĕ.

5. Заем облигацийĕсем тăрăх пĕтĕм тупăша выигрышсемпе тÿлеççĕ.

Выигрышсен пĕтĕм сумми заемăн çирĕм çуллăх срокĕнче вăтамран кашни çулталăкра 4 процент чухлĕ пулать.

Заемăн çирĕм çуллăх срокĕнче мĕнпур облигацисен 35 проценчĕ выляса илет, облигацисен ытти 65 проценчĕшĕн вĕсен хакĕ чухлĕ укçа тÿлеççĕ.

Выляса илнĕ облигацишĕн тÿлеççĕ те вăл малашнехи вылявсенче пулмасть.

Заемăн çĕр тенкĕлĕх облигацийĕ çине 25 000, 10 000, 5 000, 1 000, 500 тата 200 тенкĕлĕх выигрышсем пулаççĕ, кунта облигаци хакĕ те (100 тенкĕ) кĕрет.

6. Çирĕм çул хушшинче пĕтĕмпе 40 выляв—кашни çул иккшер выляв пулса иртет.

Вылявсем 1953 çултан пуçласа, СССР Финанс министерстви палăртнă сроксенче пулаççĕ.

7. Выигрышсен кашни вылявĕнче заемăн кашни разрячĕ çине, урăхла каласан, заемăн кашни 100-шер миллион тенкĕлĕх облигацийĕсем çине, çакăн чухлĕ выигрышсем тухаççĕ:

| 100 тенкĕлĕх облигаци çине тухакан выигрышсен пысăкăшĕ, облигаци хакне кĕртсе | Выигрышсен хисепĕ: 1—10-мĕш вылявсенче кашнинче тухать | 11—20-мĕш вылявсенче кашнинче тухать | 21—30 мĕш вылявсенче кашнинче тухать | 31—40-мĕш вылявсенче кашнинче тухать | Пĕтĕмпе 40 вылявра кашни çĕршер миллион тенкĕлĕх облигацисем çине тухать |
|---|---|---|---|---|---|
| 25 000 тенкĕ | 1 | 1 | 1 | 1 | 40 |
| 10 000 » | 5 | 5 | 5 | 5 | 200 |
| 5 000 » | 10 | 10 | 10 | 10 | 400 |
| 1 000 » | 100 | 100 | 100 | 100 | 4 000 |
| 500 » | 1 000 | 1 000 | 1 000 | 1 000 | 40 000 |
| 200 » | 7 984 | 7 734 | 7 534 | 7 284 | 305 360 |
| Выигрышсен пĕтĕм хисепĕ | 9 100 | 8 850 | 8 650 | 8 400 | 350 000 |
| Выигрышсен пĕтĕм сумми (тенкĕпе) | 2 321 800 | 2 271 800 | 2 231 800 | 2 181 800 | 90 072 000 |

8. Заемăн выляса илмен облигацийĕсене 1957 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15 çул хушшинче, заем срокĕ тухиччен, хăйсен хакĕ чухлĕ укçа тÿлесе каялла илеççĕ.

Заемăн кашни 100-шер миллион тенкĕлĕх облигацийĕсенчен: 1957—1962 çулсенче кашни çулах 2.500 пин тенкĕлĕх, 1963—1967 çулсенче—4.400 пин тенкĕлĕх, 1968—1972 çулсенче кашни çулах 5.600 пин тенкĕлĕх каялла илеççĕ.

1957—1971 çулсенче каялла тÿлесе илме тивĕçлĕ облигацисене кашни çул пулса иртекен вылявсенче палăртаççĕ; вылявсен срокĕсене СССР Финанс министерстви кăтартса парать.

Каялла тÿлесе илмелли вылявсенче тухман облигацисене 1972 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа тÿлесе илеççĕ.

9. Выляса илнĕ облигацисене, çавăн пекех тата хăйсен хакĕ чухлĕ тÿлесе каялла илмелли облигацисене 1973 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕччен парса, вĕсемшĕн укçа илме пулать; çав срок иртиччен укçа илме ыйтса паман облигацисем хăйсен вăйне çухатаççĕ, вĕсемшĕн укça тÿлемеççĕ.

СССР Финанс министрĕ А. ЗВЕРЕВ.

## Экзаменсем умĕнхи ĕçсем

Иртнĕ çулта пирĕн шкулта экзаменсене хатĕрленес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулнă. Çавăн пирки чылай ачасем экзаменсем параймарĕç. Учительсен коллективĕ пĕлтĕрхи çитменлĕхсене тивĕçлипе шута илчĕ, кăçалхи экзаменсене мĕнпур тимлĕхпе хатĕрленет. Çак ответлă ĕçе ачасен ашшĕ-амăшĕсене, шкулти комсомолпа пионер организацийĕсене явăçтарнă.

Педагогика совечĕ март уйăхĕнче вĕренÿ çулĕн III-мĕш чĕрĕкĕнчи итогсене пăхса тухрĕ, экзаменсене хатĕрленес тĕлĕшпе тумалли ĕçсен планне сÿтсе явса çирĕплетрĕ. Халĕ çав план ăнăçлă пурнăçланса пырать. Апрель пуçламăшĕнче классем тăрăх учительсен канашлăвĕсене ирттернĕ, çав канашлусенче кашни вĕренекенпе уйрăммăн ĕçлемелли майсене палăртнă. 4—10-мĕш классенче вĕренекенсене III-мĕш чĕрĕкĕн итогĕсемпе, экзаменсем ирттермелли инструкципе паллаштарнă. Апрель варринче педагогика совечĕ шкулта экзаменсене хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен сÿтсе яврĕ. Ачасемпе вĕсен ашшĕ-амăшĕсем хушшинче мĕнле ĕçлени çинчен учительсем пĕрин-пĕрине каласа кăтартрĕç.

Экзаменсене хатĕрленес ĕçре вĕреннĕ материала аса илни паллă вырăн йышăнать. Çак ĕçе эпир вĕренÿ çулĕн иккĕмĕш пайĕнчен пуçласа туса пыратпăр. Ачасем çуркуннехи каникула кайнă вăхăта чылай предметсемпе программăна вĕренсе пĕтернĕ, халĕ учительсем материала тĕплĕн аса илтерес енĕпе ĕçлеççĕ. Çавна тунă чухне вĕренÿ материалĕн тĕп ыйтăвĕсем çинче, практикăллă ĕçсемпе хăнăхтарусем çинче уйрăммăн чарăнса тăраççĕ. Шкулти физикăпа хими тата биологи кабинечĕсенче вĕренекенсем яланах йышлă. Вырăс чĕлхи преподавателĕсем вĕрентÿ ĕçне вăйлатрĕç, математика учителĕсем типовăй задачăсем шутлассине тĕпе хураççĕ. Географи, биологи, истори дисциплинисене вĕрентекен учительсем аса илмелли урoксенче кинофильмсем кăтартаççĕ. 7-мĕш класра вĕренекенсене—«Балтика тăрăхĕнчи çĕршывсем», «Грузин ССР-ĕ», «Курильски утравсем», «Атăл пуçламăшĕнчен Горький хули таран», 8-мĕш класра вĕренекенсене—«Этем халăхĕ», «Сывламалли органсем» кинофильмсем кăтартнă.

Март уйăхĕнчен пуçласа, 7—10-мĕш классенче экзаменсем тытмалли предметсем тăрăх тăтăшах консультацисем ирттеретпĕр. Вĕренекенсем консультацисене сиктермесĕр çÿреççĕ. Халĕ ĕнтĕ вĕреннĕ материала пĕтĕçтерекен лекцисемпе каласусем пуçланчĕç. 10-мĕш класра: «Совет литературин юлашки çулсенчи ÿсĕмĕсем», «Совет литератури миршĕн кĕрешес ĕçре», «Вырăс математикĕсем» темăсем тăрăх лекцисем ирттернĕ. 9-мĕш класра вĕренекенсем валли: «Тĕнчери демократиллĕ лагерăн политикăллă тата экономикăллă вăй-хăвачĕпе мораллĕ авторитечĕ», «Буржуаллă революцисем пролетариллĕ революцисенчен мĕнпе уйрăлса тăраççĕ» темăсемпе; 7-мĕш класра вĕренекенсем валли: «Коммунизмăн аслă стройкисем тата çутçанталăка урăхлатса çĕнетни», «Октябрь декречĕсем» тата ытти темăсемпе каласусем ирттернĕ.

Экзаменсене хатĕрленес ĕçе шкулти комсомолпа пионер организацийĕсем активлă хутшăнчĕç. Класри комсомолецсемпе пионер отрячĕсем, учительсем ертсе пынипе, вĕренÿре юлса пыракан ачасене пулăшу парас, экзаменсем тытма билетсем тăрăх хатĕрленес ĕçе йĕркелерĕç, вĕренекенсем вăхăтпа мĕнле усă курнине асăрхаса тăраççĕ.

Шкулти эрнере пĕре тухса тăракан «Вĕренÿшĕн» стена хаçатĕнче, çавăн пекех классенчи стена хаçачĕсенче те, «Экзамена хатĕрлен» ятлă пай тунă. Çав пайсенче вĕреннĕ материала билетсем тăрăх аса илнин опытне çутатаççĕ, хаклă вăхăта усăсăр ирттерекен ачасене критиклеççĕ. Шкулта иккĕмĕш çул ĕнтĕ радио тăрăх хыпарсем параççĕ. Ачасем вĕренÿре мĕнле ăнкăрсе пыни çинчен тата экзаменсене мĕнле хатĕрленни çинчен эрнере икĕ хутчен пĕлтереççĕ. Унсăр пуçне радио тăрăх вĕренÿ отличникĕсем те тухса калаççĕ.

Экзаменсене хатĕрленсе ирттернĕ тапхăрти задачăсемпе ачасен ашшĕ-амăшĕсене те паллаштарнă. Ашшĕ-амăшĕсен комитечĕ, класс руководителĕсемпе пĕрле, 60 вĕренекенĕн килти условийĕсене тĕрĕсленĕ, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем йышăннă.

Шкулта ĕçĕн лайăх опытне вĕрениссине, çамрăк учительсене пулăшу парассине организациленĕ. Тăваттăмĕш чĕрĕкре çак ĕç татах та вăйланчĕ. Учительсем халĕ тăтăшах пĕр-пĕрин урокĕсенче пулаççĕ. Çакă вăл пĕр-пĕр учитель материала аса илнин, практикăллă ĕçсемпе хăнăхтарусем ирттернин тата ачасемпе уйрăммăн ĕçленин лайăх меслечĕсемпе паллашма пулăшать.

Уйрăмах вăтам шкултан кăçал вĕренсе тухакансене экзаменсем тытма хатĕрлесси çине тимлĕн пăхатпăр. 10-мĕш класра 21 ача вĕренет, вĕсем пурте вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраççĕ. Э. Эсливанова, Севрюгин, А. Мартынов, Н. Воронцов, В. Медянин—отличниксем. Учительсем вĕсене ылтăн тата кĕмĕл медальсемпе вĕрентсе кăларассишĕн тăрăшаççĕ.

Экзаменсене хатĕрленсе ирттерес ыйтусемпе шкулти парторганизаци те нумай интересленет. Вĕренÿпе воспитани ыйтăвĕсене сÿтсе явмасăр коммунистсен пĕр пухăвĕ те иртмест. Коммунист-учительсем Г. Якимова, Н. Смирнов, А. Стародумова, П. Маков юлташсем ачасене çирĕп пĕлÿпе воспитани парас тата экзаменсене хатĕрлес ĕçсенче ырă тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Учительсен коллективĕ, партипе комсомол тата пионер организацийĕсем туса ирттерекен хатĕрленÿ ĕçĕсем экзаменсене лайăх ирттерме, вĕренÿ çулне ăнăçлă вĕçлеме пулăшĕç.

И. НИЛОВ,

Куславккари 1-мĕш номерлĕ вăтам шкул директорĕ.

## Чăвашоблпрофсоветра

Нумаях пулмасть Чăвашоблпрофсовет президиумĕ Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн строительствинче ĕçлекен М. Степанов, Н. Смирнов тата И. Андрюшкин юлташсен доклачĕсене итленĕ.

Сталинла премин лауреачĕн Шавлюгин юлташăн меслечĕпе усă курса, М. Степанов юлташ ертсе пыракан каменщиксен бригади ĕç тухăçлăхне икĕ хут ытла ÿстернĕ. Çĕнĕ меслетпе ĕçлени çамрăк рабочисене ĕçе хăвăрт хăнăхса çитме май парать. Мышев, Федоров тата Матвеев юлташсем виçĕ уйăхра тăваттăмĕш разряд илнĕ.

Н. Смирнов юлташ ертсе пыракан штукатурсен бригади çĕршыври паллă штукатурсен Кутенков, Скитев тата Малыгин юлташĕсен опычĕпе усă курать. Бригадăра штукатурсене раствор туса хатĕрлессинчен, материалсем йăтса пырассинчен хăтарнă. Çавăн пек ĕççене тума ятарласа уйрăм çынсем уйăрнă. Штукатурсем тăватă звенона пайланса ĕçлеççĕ. Норма тăрăх кашни рабочин сменăра пилĕк тăваткал метр штукатурка тумалла пулсан, бригадăра çичшер-сакăршар тăваткал метр тăваççĕ.

Смирнов юлташ ертсе пыракан бригада опычĕпе усă курса, Галушкинпа Перовский юлташсем ертсе пыракан бригадăсем те заданине тăтăшах ирттерсе тултараççĕ.

И. Андрюшкин юлташ ертсе пыракан платниксен бригади пур ĕçе те поток тăрăх туса пырать. Бригадăна тăватă звенона пайланă. Звеносем пĕр-пĕрчипе ăмăртса ĕçлеççĕ, пĕрне-пĕри тухăçлă ĕçлеме пулăшаççĕ. Нумаях пулмасть бригада 45 кунта туса пĕтермелли ĕçе 25 кунта вĕçленĕ.

Чăвашоблпрофсовет президиумĕ М. Степанов, Н. Смирнов тата И. Андрюшкин юлташсем ертсе пыракан бригадăсен ĕçне меслетне ырланă, республикăри стройкăсенчи профсоюз организацийĕсене асăннă бригадăсен опытне анлă сарма сĕннĕ.

## Казахстанра хлопчатник акса пĕтернĕ

АЛМА-АТА, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Казах ССР-ĕнчи çĕр мамăкĕ акса тăвакан колхозсемпе совхозсем хлопчатник акса пĕтернĕ. Казах ССР-ĕн çĕр мамăк министрĕ Кистауов юлташ ТАСС корреспондентне çапла каласа панă:

— Казахстанăн кăнтăр енче кăçал çуркунне сумăрлă çанталăк тăчĕ. Апла пулин те хлопчатнике кĕске срокра акса хăварнă. Тăпрара нÿрĕ нумай пулнă пирки пур çĕрте те калчасем пĕр харăс, парка шăтса тухрĕç.

## Кашни улттăмĕш тонна чугуна планран ирттерсе шăратса кăларнă

ДНЕПРОДЗЕРЖИНСК, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн малтанхи кунĕсенче Дзержинский ячĕпе тăракан заводри металлургсем пысăк хастарлăхпа ĕçленĕ. Доменщиксем ĕç тухăçлăхне нумай ÿстернĕ. Александр Кузьмин, Григорий Нора тата Константин Черненко мастерсем ертсе пыракан сменăсем агрегат хăвачĕпе усă курас тĕлĕшпе рекорд тунă.

Доменщиксем кашни улттăмĕш тонна чугуна планран ирттерсе шăратса кăларнă. Домна цехĕ май уйăхĕнче икĕ кун хушшинче заданирен ирттерсе темиçе çĕр тонна чугун шăратнă тата икĕ вагон топливо перекетлесе хăварнă.

Хурçă шăратакансем те çавăн пекех ăнăçлă ĕçленĕ.

# Пурте заем çырăнса илсе, коммунизмăн аслă стройкисене хăвăртрах туса çитерме пулăшар!

## Заем çырăнса илни— патриотла чыслă ĕç

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тата аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ ертсе пынипе, совет халăхĕ хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем туса пырать. Халăх хуçалăхĕ пысăк утăмсемпе малалла аталанать, ĕççыннисен пурнăçĕ çулсерен лайăхланать. Халăхи вăхăтра Атăлпа Дон, Днепрпа Аму-Дарья çинче коммунизмăн аслă стройкисем пыраççĕ.

Совет çыннисем çак стройкăсене хăвăртрах туса пĕтерме укçа-тенкĕ нумай кирлине лайăх пĕлсе тăраççĕ. Вĕсем, государство заемĕсене çырăнса илсе, Тăван çĕршыва кивçен укçа параççĕ. Пирĕн заемсем—мирлĕ строительство заемĕсем.

Иртнĕ çулта Муркаш районĕнчи рабочисемпе служащисем тата колхозниксем СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заема (1951 çулхи кăларăм) пысăк хаваслăхпа çырăнса илчĕç.

— Государствăна укçа ытларах кивçен парар, Тăван çĕршыв вăй-хăватне татах та тĕреклетсе çирĕплетер!—çакăн пек шухăш-кăмăлпа çырăнса илчĕç ĕççыннисем государство заемне.

Государство заемĕсене çырăнса илессин ăнăçлăхĕ агитациллĕ-массăллă ĕçе ĕççыннисем хушшинче анлă сарнинчен нумай килчĕ. Çĕнĕ заем кăларни çинчен пĕлтерсенех, районти ял Совечĕсем пуçламăш парторганизацисемпе пĕрле государство заемĕсен пĕлтерĕшĕ çинчен колхозниксемпе колхозницăсене ăнлантарса пачĕç. Çак ĕçе учительсемпе агрономсем, медицина тата культурăпа çутĕç работникĕсем активлă хутшăнчĕç. Вĕсем колхозсемпе ялсенче, уй-хир бригадисемпе выльăх-чĕрлĕх фермисенче заем кăларни çинчен ял çыннисене тĕплĕн каласа пачĕç.

Кунсăр пуçне, ВКП(б) райкомĕ районти ялсенче государство заемĕсем çинчен доклад тума 57 докладчик уйăрнăччĕ. Вĕсем агитаторсемпе пĕрле колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче государство бюджечĕ çинчен, СССР государство заемĕсем Тăван çĕршыв вăй-хăватне çирĕплетсе тĕреклетме кайни çинчен каласа пачĕç.

Заем кăларнă ятпа иртнерĕ митингсемпе пухусенче рабочисемпе колхозниксем тата интеллигенци хăйсен патриотла туйăмĕсем çинчен каларĕç, государствăна çителĕклĕ таран укçа-тенкĕ кивçен парса пулăшма пулчĕç.

Заем кăларнă хыççăн пĕр талăк хушшинче районти мĕнпур ĕççыннисем заем çырăнса илес ĕçе активлă хутшăнчĕç, нумайăшĕ укçине те çав вăхăтрах тӳлерĕç. Ку тĕлĕшпе уйрăмах «Знамя коммунизма», Хрущев ячĕпе тăракан, «Правда» Энгельс ячĕпе тăракан колхозсен членĕсем нала тĕслĕх кăтартрĕç. Нумай колхозниксемпе колхозницăсем заем çырăнна чухне патриотла туйăмлă сăмахсем каларĕç.

«Знамя коммунизма» колхоз председателĕ Архипов юлташ заем кăларнă ятпа пулса иртнĕ пухура çапла каларĕ:

— Эпир государствăна кивçен панă укçа-тенкĕ ăçта кайнине лайăх пĕлетпĕр. Государство заемĕсене çырăнса илни пирĕн Тăван çĕршыв хăватне тĕреклетме пулăшать, тĕнчере çĕнĕ вăрçă хатĕрлекенсемшĕн витĕмлĕ ответ пулать,—терĕ.

Архипов юлташ пин тенкĕлĕх заем çырăнса илчĕ, укçине те тӳлерĕ. Председатель примерĕпе хавхаланса, Зотиков счетовод, уй-хир бригадирĕ Соловьев юлташ тата ыттисем те заем укçине çырăнса илнĕ хыççăнах тӳлерĕç. Çапла вара заем кăларнă кун колхоз членĕсем 39 пин тенкĕлĕх заем çырăннă, 22 пин тенкĕ çав кунах тӳленĕ

Ĕççыннисен патриотла шухăш-кăмăлĕсене кăтартакан тĕслĕхсем районти ытти колхозсенче те нумай пулчĕç.

Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пысăк хаваслăхпа заем çырăнса илнĕ. Колхоз председателĕ Ильин юлташ 1.700 тенкĕлĕх çырăннă, укçине те çав вăхăтрах тӳленĕ. Колхозри пуçламăш парторганизацинчи коммунистсем лайăх пример кăтартнă Вĕсем колхозниксем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе тивĕçлипе йĕркеленĕ, заем çырăнса илсенех укçине те тӳленĕ. Коммунистсен примерĕпе хавхаланса, колхоз членĕсем те заем çырăнса илес ĕçе патриотла пысăк çĕкленӳпе хутшăннă.

Иртнĕ çулта районти интеллигенци те пысăк савăнăçпа заем çырăнса илчĕ. Сăмахран, Пӳскассинчи вăтам шкулта ĕçлекен преподаватель Григорьев юлташпа унăн арăмĕ ултă эрнери ĕç укçи чухлĕ заем çырăнса илнĕ.

Рабочисемпе служащисен тата колхозниксен çакăн пек патриотла ĕçĕсем районти мĕнпур колхозсенче, предприятисемпе учрежденисенче нумай пулчĕç. Ĕççыннисем хăйсен хастарлă ĕçĕпе тата перекетленĕ укçа-тенкипе коммунизмăн аслă стройкисене тăвас ĕçе хăвăртлатма, Тăван çĕршывăн вăй-хăватне çирĕплетсе тĕреклетме пулăшаççĕ.

Муркаш районĕнчи ĕççыннисем СССР Министрĕсен Совечĕ СССР халăх хуçалăхне малалла аталантармалли государственнăй заем (1952 çулхи кăларăм) кăларасси çинчен йышăннă постановление пысăк çĕкленӳпе йышăнса илчĕç.

Заем çырăнса илесси—патриотла ĕç.

**М. ЗАЙЦЕВ,**
**ВКП(б) Муркаш райкомĕн секретарĕ.**

## Мир заемĕ

«Сыхлантăр мир!
Ешертĕр хир!» —
Паян эпир
татах калатпăр,
Çавăнпала ĕç укçине
Тăван çĕршывăн кассине
Кивçен памашкăн ал пусатпăр.

Мир — аслă Атăл, улăп ГЭС,
Вăл — Днепр, Дон... Пĕлетĕн эс.
Мир — Свердловск тунă экскаватор,
Сĕкленекен Тахиа-Таш...
Ак çакăншăн эпир, юлташ,
Сапла çĕн заем туянатпăр.

Çиле пӳлет-и симĕс хум,
Шăварăнать-и Кара-Кум —
Стахановла ĕçлет Мир паттăр.
Мир—çутă шкул, вăл—сад, хула...
Патшалăха çавăнпала
Ĕç укçине кивçен паратпăр.

Кашнийĕ пултăр тарават!
Сĕршыв пуйсан, ӳсет хăват,
Ӳсет патриотсен ыр ячĕ.
Кашни пусах, кашни тенкех
Сыхлать вăл пирĕн ирĕке,
Ак çакăнта заем хăвачĕ.

Лере
стерлингпала доллар
Сухăрашать: «Вăрçа тухар!
Чир хурчĕпе этемлĕх чактăр!»
Эпир калар:
«Ан ур, доллар,
Хыснамăр касси чухăн мар,
Тенкĕпеле сана çапатпăр!»

**Стихван ШАВЛЫ**

## Перекет кассинче

Шăхасан ялĕ варринче перекет касси сурчĕ илемлĕ курăнса ларать. Унта таса та çутă. Курăнмалли вырăнта—государство заемĕсен вылявĕсен таблицисем. Akă контролер патне «Герой» колхоз кладовщикĕ С. Григорьев юлташ пычĕ.

— Ялти вулав çуртĕнче тĕрĕслерĕç те, çак заем облигацийĕ çине выляв тухнă пек кăтартрĕç. Хăвăр тĕрĕслесе пăхарха,—терĕ вăл.

Контролер облигацисене выляв таблицисем тăрăх тĕрĕслесе тухать.

— Савăнăр, сирĕн пысăк телей—облигаци çине 12 пин те 500 тенкĕ выляв тухнă,—тет ăна контролер.

— Манăн телей тата пысăкрах пулчĕ,—тет Çĕнĕ Сăръялĕнчи «Гвардеец» колхозран килнĕ Х. Терентьева колхозница.—Çĕр тенкĕлĕх облигаципе 25 пин тенкĕ выляса илтĕм. Укçине перекет кассинех хурса хăварнăччĕ. Халĕ пĕр пайне илес терĕм.

Перекет кассине куллен çынсем нумай пыраççĕ. Пĕрисем облигацисене тĕрĕслеттереççĕ, теприсем—укçа илеççĕ е хураççĕ.

Шăхасан районĕнчи ĕççыннисем государство заемĕсене çулсеренех пысăк кăмăлпа çырăнса илеççĕ. Иртнĕ çулта кăна районти бюджета заемран пухнă укçа 1 миллион та 135 пин тенкĕ кĕнĕ. Иртнĕ çул перекет касси 210 пин тенкĕ, кăçалхи çулăн 1-мĕш кварталĕнче 84 пин те 725 тенкĕ выляв укçи тӳленĕ. Юлашки çулсенче перекет касси 25-шер пин тенкĕ—2 çынна, 10-шар пин тенкĕрен пуçласа унтан ытларах—7 çынна, 13 çынна—5-шер пин тенкĕ тӳленĕ. 400 тенкĕрен пуçласа 1.000 тенкĕ таран выляв укçи илнисем темиçе вуншар çын шутланаççĕ.

**Г. ИСАЕВ.**

## Ĕççыннисем заемсенчен илекен тупăш

КУСЛАВККА. (Хамăр корр.). Юлашки вăхăтра районти тĕп перекет касси заем облигацийĕсем тытакансем хушшинче ĕçлессине вăйлатрĕ. Кашни ял Советĕнчех вылявсем тухниче тĕрĕслемелли сĕтелсем тунă.

Ĕççыннисем государство заемĕсенчен пысăк тупăш илеççĕ. 1951 çулта районти тĕп перекет касси 454.200 тенкĕ выляв укçи тӳленĕ. Вăл шутран икĕ çын 10-шар пин, ултă çын 5-шер пин, вунпĕр çын пиншер тенкĕ выляса илнĕ.

1952 çулхи пĕрремĕш кварталта выляв укçи 140 пин тенкĕ тӳленĕ.

## Выляв укçи илеççĕ

ОКТЯБРЬСКИ. Районти ĕççыннисем хушшинче государство заемĕсен облигацийĕсене тĕрĕслес ĕçе аван йĕркеленĕ. Кашни вулав çуртĕнче, ял Совечĕсемпе колхоз правленийĕсенче справка сĕтелĕсем пур.

Иртнĕ çулта районти перекет касси государство заемĕсен облигацийĕсем тăрăх 231.250 тенкĕ выляв укçи тӳленĕ. Кăçал виçĕ уйăх хушшинче выляв укçи 89.875 тенкĕ тӳленĕ.

**В. ТРОФИМОВ.**

## ВЫЛЯВ

— Государство заемĕсене эпĕ кашни çулах çырăнса илетĕп,— пуçларĕ Арсентий Алексеевич хăйĕн сăмахне.—Иртнĕ вăрçă вăхăтĕнче леш фашистсене хăвăртрах аркатса пăрахас тесе çырăнтăм. Ун чухне манăн икĕ ывăлăм та вăрçăраччĕ. Вăрçă хыççăн вара тăшмансем кӳнĕ сурана çийĕнчех тӳрлетес терĕмĕр. Халĕ, акă, пурнăç тата вайăхрах пултăр тесе заем туянма тăрăшатăп.

— Арсентий пичче, туянар-ха заемне, государство хамăрăн вĕт. Пулăшатпăр, выляса та илетпĕр,—теççĕ ял Советĕнче ĕçлекенсем.

— Çапла çав, хамăр кивçен памасан кам парать-ха пире, тетĕп. Ют çĕре кивçене кайма хăнăхман вĕт эпир. Ун пек йăла та çук пирĕн. «Э-э-э,—тетчĕ манăн карчăк. — Выляса илесчĕ». Кусуçусу пур-иç санăн, пăх та кур. Çак хушăрах акă пурнăç мĕн чухлĕ юсанчĕ. Тавар хакĕсене çулсерен йӳнетеççĕ. Выляв мари вăл ара», тетĕп хам ăна. Ĕçлеместпĕр мар хамăр. Конюхра кăна сакăр çул ĕçлерĕм, уй-хир ĕçĕнчен те юлман, каскалама та пултаратăп. Карчăк та, ачасем те ĕçлеççĕ. Тыррине те чылай илетпĕр. Çапла чухне заем çырăнса илмесĕр мĕнле пултăр-ха.

Чĕлĕмне шăк-шăккарĕ Арсентий Алексеевич. Кăшт ларсан, калăех калаçма пуçларĕ.

— Карчăк калашле, эпĕ хам та ĕмĕтленменччĕ çакна, выртсан та тĕллеймен. Вăл çапла пулчĕ. Пĕррехинче, хамăр ял Советĕнче ĕçленĕ налог агенчĕ Клавдия Доброва килĕрен киле кĕрсе сӳрет, пĕрин патĕнчен тухать те теприн патне кĕрет. Манăн карчăк та асăрханă çакна. «Мĕн килĕрен сӳрет çав Клавди?» тет «Ĕçпе пулĕ», тетĕп. Хай Клавди пирĕн пата та çитрĕ. «Арсентий мучи, заем облигацийĕсене тĕрĕслесе пама килтĕм. Кӳрĕр-ха», тет вăл. «Ĕнер перекет кассинче пултăм та, пирĕн ял Советĕнче валеçнĕ облигаци çине пысăк выляв тухнă терĕç», хавасланать Клавди. «Ăçтан пĕлеççĕ ăна, юмăççем-им вĕсем», тет манăн карчăк хăйĕн çеммипе. «Ара унта номерĕсене çырса юлнă. Камра та пулсан пирĕн таврашрах вăл телей. Тупатпăрах ăна. Акă, каларĕ тейĕр», хăйĕннех юрлать Клавди. Тытăнтăмăр облигацисене тĕрĕслеме. Клавди пĕр облигацине пăхса хурать, теприне, тата теприне... Унтан тем чарăнса тăчĕ. Тинкерсех пăхатпăр эпир те, карчăкпа иккĕн ун çине. Унччен те пулмарĕ, Клавди хавассăн аллине çапрĕ. Карчăкпа иккĕн тĕлĕнсе тăратпăр. Мĕн аташать ку ача, тетпĕр. Ним калама аптратпăр. Шӳт-и, чăн-и?.. «Ĕненместĕр пулсан, пăхăр акă. Аллă пин тенкĕ тухнă сире!» тет вăл. «Сивĕчрех куçăрсемпе пăхăр-ха», тетĕп ачасене. Вĕсем те çаплах калаççĕ: пирĕн пилĕкçĕр тенкĕлĕх облигаци çине аллă пин тенкĕ выляв тухнă. Ĕненмесĕр тата тĕрĕслетпĕр. «Эсĕ, Арсентий мучи, облигацисене ил те, ыранах перекет кассине кай», тет Клавди мана.

Выляв чăн та тухнă иккен. Тепĕр кунне перекет кассине çитрĕм. Хам çаплах ĕненместĕп. Çапла-çапла, тетĕп, те вырăнлах пулчĕ, те ахаль. Выляв тухнă терĕç, тетĕп. Облигацине çавăнтах кăларса паратăп хам. Тĕрĕслеççĕ те, кунта та çаплах калаççĕ: манăн облигаци çине чăнах та аллă пин тенкĕ выляв тухнă. «Телей мучи, телей. Пысăкçнех лекнĕ!»—кулкалаççĕ перекет кассинчисем. Мана сывлăх сунаççĕ. Хам та вĕсене тав тăватăп.

Манăн облигацие Мускава ячĕç. Тепĕр вăхăтран мана перекет кассине чĕнчĕç: «Халĕ ĕнтĕ, Арсентий Алексеевич, аллă пин тенкĕ илме пултаратăр. Хăть те халь илĕр, теççĕ перекет кассинче.

Шалтах хытса тăтăм. «Хамăн перекетленĕ укçана патшалăха кирлĕ вăхăтра кивçен панăшăн халĕ акă мĕн чухлĕ тавăрса параççĕ», шутлатăп. «Мĕн тума хушатăр мана халĕ вăл укçапа?» ыйтатăп. «Хăвăрăн укçа, хăвăрăн ирĕк. Халĕ тесен, халех пама пултаратпăр»,—теççĕ вĕсем.

Кулăшла та пулчĕ. Хĕпĕртĕнипе шăп-шап çапса илтĕм кĕсъене. Лешсем кула тăраççĕ. Çук, илместĕп, тетĕп, хăвăр патăртах юлтăр. Шухăшласа пăхар килте. Кунта шанчăклă выртать, тетĕп. «Апла та аван, укçи кунта выртнăшăн вара процент паратпăр. Мĕн чухлĕ хăваратăр?» — ыйтаççĕ. «Йăлтах»,—тетĕп. «Аплах мар ĕнтĕ, телейшĕн савăнмалăх кăшт илĕр»,—теççĕ.

Перекет кĕнекине тата пин тенкĕ укçа илтĕм те вĕçтертĕм киле.

Арсентий Алексеевич пуçтарăнарах ларчĕ. Унтан:

— Вăл çапла пулчĕ-ха, анчах государство вырăнсăр салатса пĕтерме укçа памасть вĕт-ха. Çемйипе ларса калаçрăмăр та, çĕнĕ пӳрт тума тата ытти япаласем туянма шутларăмăр. Мĕн шутланине чăнах та турăмăр вара. Тавах уншăн хамăрăн Партипе Правительствăна, Аслă Сталина тав!

* * *

Çакăн çинчен пире «Правда» колхоз членĕ Арсентий Алексеевич Алексеев кăнтăрлахи кану вăхăтĕнче, хăйĕн çĕнĕ пӳрчĕ умĕнче ларнă чухне каласа пачĕ.

**Н. ПУШКИН.**
**(Хамăр корр.).**

Советски районĕ.

# Çурхи кун çулталăк тăрантарать

## Çуракине кунсеренех хăвăртлатса пырар!

*Çураки пахалăхне тĕрĕслемелли рейд*

### Агротехникăна çирĕп пурнăçламалла

ВĂРМАР. Районти малта пыракан колхозсем кĕрхи тырăсен калчисене апат панă тата сӳреленĕ вăхăтрах пиççе ситнĕ çĕр участокĕсене сухалама, кĕрхи çĕртме тунă пусăсене культивацилесе тĕштырăсем акма тытăнчĕç. Ивановна Абрамов юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем «Победа» тата «Правда» колхозсенче сеялкăпа тырă акаççĕ.

Анчах та районта çураки ĕçĕсем кирлĕ пек хăвăртлăхпа пулса пыраççĕ теме çук-ха. Хăшпĕр колхоз руководителĕсем халĕ те «çĕр чĕрĕ-ха» тесе лараççĕ. Çавна пула вĕсĕм ака-суха ĕçне районтан хускатнипе çеç хутшăнаççĕ, ĕçе ытла та вăрахăн туса пыраççĕ. Чылай çĕрте агротехника правилисене пăснă тĕслĕхсем пур.

График тăрăх районти колхозсен кашни кун 1.000 гектартан кая мар акмалла. Ку тарана çитсе графика пурнăçлани пĕр кун та пулман. Сăлтавĕ—колхозсенчи туртăм вăйĕпе, МТС-ри тракторсемпе туллин усă курманнинче. «Свобода», «Динамо», «Гвардеец» колхозсенче хĕрӳ ĕç вăхăтĕнчех чылай лашасем витере хупăнса тăраççĕ, вăкăрсемпе усă курассине ĕç планне те кĕртмен. Калинин ячĕпе тăракан, «Маяк», Мичурин ячĕпе тăракан колхозсене пынă трактор бригадисем ĕçе пуçăнаймаççĕ, мĕншĕн тесен тракторсене начар юсанă. Семенов юлташ ертсе пыракан 11-мĕш трактор бригади те «Динамо» колхозра çаплах çуракине «хатĕрленет». Колхозсенче куллен миçе трактор ĕçленине МТС руководителĕсем тăтăклăн каласа параймаççĕ.

Хăшпĕр колхоз руководителĕсемпе ял хуçалăх специалисчĕсем агротехникăна пăсса ĕçленипе килĕшсе лараççĕ. «Гвардеец» колхоз çуракине тухнăранпа 4—5 кун иртрĕ. Кунта тракторсемпе те, лашасемпе те хĕрсех сухалаççĕ. Анчах ĕçе уйрăм сдельщинăпа йĕркелемен. Тăваттăмĕш бригадăри суха тăвакансем В. Минин, А. Ларионов, П. Васильев юлташсем уйрăммăн сухаласшăн пулсан та М. Кузьмин бригадир вĕсене уйрăм сдельщинăпа ĕçлеттермест. Колхозăн сеялкăсем çителĕклĕ. Апла пулин те вĕсемпе усă курмаççĕ. 4—5-мĕш бригадăсенче çуртрине тӳрех хăмăл çине алăпа акаççĕ. Вăрлăха яровизацилемен. Колхоз председателĕ Афанасьев юлташ хăй агроном, вăл агротехника правилисене лайăх пĕлет, анчах вĕсене пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешмест.

Асăннă колхозра ĕçлекен Федоровпа Емельянов трактористсем ĕçе çиелтен тăваççĕ. Çурхи сухана предплужниксăр плугсемпе сухалаççĕ, шăйрăксем хăварасçĕ. Сухаласа пынă вырăнсене çийĕнчех акмаççĕ, тăпра типсе пырать.

Колхозри агитаторсем уя тухса курмаççĕ, боевой листоксем кăлармаççĕ. ВКП(б) обкомĕпе Министрсен Совечĕ Çĕрпӳ районĕнче çураки ĕçĕсене кирлĕ пек йĕркелемени çинчен йышăннă постановление колхозниксене ăнлантарса паман.

«Свобода» колхозра та çуракине лайăх хатĕрленсе тухманни паларать. Колхозниксене çураки ĕçĕн планĕпе паллаштарман, вĕсем ĕç норми çинчен пĕлмеççĕ.

Пысăк тухăçлă тулă туса илес тесен, ăна ир тата кĕрхи çĕртме тунă вырăна акмалла. Колхозсем малтан сĕлĕ, вика акаççĕ. Вĕсем хыççăн тин тулă акма тытăнасшăн. Çавăн пек тĕрĕс мар шухăша районти ялхуçалăх пайĕ çак таранччен сивлемест-ха.

Кăçал тăпрара нӳрĕ нихçанхинчен ытларах сыхласа хăварма тăрăшмалла. Кĕрхи тырă калчисене, кĕрхи çĕртме пуссисене хăвăрт сӳрелес пулать. Нумай колхозсенче çав ĕçсем çине çиелтен пăхаççĕ. Калча сӳрелеме панă плана район суррине çеç тултарнă, калчасене апат парас ĕç те вăрахăн пулса пырать.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
**Т. СЕРГЕЕВ,**
**И. ВОЛКОВ.**

### Коммунистсем çураки ĕçĕнче

Красноармейски районĕнчи «Большевик» колхозри пуçламăш парторганизаци çуракине тухиччен чылай малтан коммунистсене ответлă участоксене вырнаçтарса тухрĕ, кашни коммуниста общественнăллă ĕç пачĕ.

Колхоз уйĕсенче ака-суха ĕçĕсем массăллăн пуçланчĕç. Çуракинче коммунистсем малта пыраççĕ. Н. Анисимовпа П Скворцов юлташсем суха тунă çĕрте кашни кунах ĕç нормине иртерсе тултараççĕ.

Акана тухсан малтанхи кунсенче уйрăм колхозниксем начар ĕçлени палăрчĕ. Парторганизаци колхозниксем хушшинче агитаципе массăллă ĕçе вăйлатрĕ, агитаторсем агротехника правилисене тĕрĕс пурнăçлама кирли çинчен колхозниксене ăнлантарса пачĕç.

Уйра ĕçлекенсем хушшинче массăллă ĕçе И. Васильев коммунист аван туса пырать. Вăл кашни кунах колхозниксене хаçат-журналсем вуласа парать. Бригадăсенчи ытти агитаторсем те хăйсен ĕçне хастарлă туса пыраççĕ.

Колхозра «Вăйлă тырпулшăн» стена хаçачĕ тухса тăрать. Хаçата çурхи ĕçсем вăхăтĕнче виçĕ кунта пĕрре кăларса тăраççĕ, бригадăсенче боевой листоксем тухаççĕ.

**Г. ЗАХАРОВ.**

* * *

Чурачăк районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри коммунистсемпе комсомолецсем агитациллĕ-массăллă ĕçе активлă туса пыраççĕ. Колхозра тăватă бригада. Кашнинчех боевой листоксем виçĕ кунта пĕрре тухса тăраççĕ. Боевой листоксем ĕçре малта пыракансене кăтартаççĕ, кая юлакансене критиклеççĕ.

«Коммунизмшăн» ятлă стена хаçат та çуракине ăнăçлă иртересишĕн кĕрешет. Стена хаçачĕ виçĕ уйăхра ултă номер тухмалла пулнă пулсан, çак кунсенче вуннăмĕш номер тухрĕ. Редколлеги парторганизаци туса панă план тăрăх ĕçлет.

**В. ГРИГОРЬЕВ.**

### Хастарлă ĕçлеççĕ

ШĂХАСАН. Районти колхозсенче Сталин юлташ патне янă çыруре илнĕ обязательствăсене чыслă пурнăçлассишĕн кĕрешӳ анлă сарăлса кайрĕ. Куйбышев ячĕпе тăракан, «Красный Октябрь», «За коммунизм», Молотов ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан колхозсенчи колхозниксем гектартан 100 пăтран кая мар тырпул туса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Куйбышев ячĕпе тăракан колхозра халĕ хĕрӳ ĕç пырать: колхозниксем кĕрхи тырăсен калчисене пĕрремĕш хут апат парса пĕтерчĕç, калчасене сӳрелеççĕ, суртри акма пуçларĕç. Чи малтан суртрине выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада (бригадирĕ А. Егорова юлташ) сеялкăпа, хĕреслĕ майпа акрĕ. Бригадăра П. Кириллов коммунистпа Г. Михайлов комсомолец сеялкăпа ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсене шанса панă ĕçе тĕплĕн туса пыраççĕ, ĕç нормине иртерсе тултараççĕ, пилĕк гектар акмалла пулсан, 9 гектар таран акаççĕ.

Çавăн пекех районти Калинин ячĕпе тăракан колхозра та çураки ĕçĕсем анлă сарăлса пыраççĕ. Кузьмин комсомолец ертсе пыракан уй-хир бригади сĕлĕ акать. Ку бригада иртнĕ çул 21 гектар çинче кашни гектартан 19-шар центнер ырăш туса илнĕ. Кăçал тата пысăкрах тухăçлă тырпул туса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Хирте ĕçлекен колхозниксене хаçат-журналсем вуласа пама вулавçăсем уйăрнă, боевой листоксем кăларма ултă комсомолеца çирĕплетнĕ.

Çавăн пекех Жданов ячĕпе, Киров ячĕпе тата Маленков ячĕпе тăракан колхозсенче те уй-хир ĕçĕсем ăнăçлă пулса пыраççĕ.

**М. ПЕТРОВ,**
**В. КУРОПАТКИН.**

*Асра тытмалли ыйтусем*

### Выльăх кăшманне ир акакан тырăсемпе пĕр вăхăтра акмалла

Пысăк тухăçлă выльăх кăшманĕ туса илни общественнăллă выльăх-чĕрлĕх валли сĕтеклĕ апат çителĕклĕ хатĕрлеме май парать. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец», Сĕнтĕр районĕнчи «Ударник» тата ытти колхозсем те çулсерен пысăк тухăçлă кăшман туса илеççĕ. Анчах та чылай колхозсенче выльăх кăшманĕ акса тăвас ĕç çине тимлĕ пăхмаççĕ.

Выльăх кăшманне акса тăвас ĕçе пур колхозсенче те лайăхлатмалла, агрономи науки кăтартнине тĕплĕ пурнăçласа пымалла.

Тымарçимĕççем лайăх ӳсчĕр тесен, вĕсене акма чи лайăх çĕр лаптăкĕсем уйăрмалла, кашни гектар çине 40—50 тонна тислĕк кăларса, иртерех кĕрхи çĕртме тумалла. Кĕллĕ тăпраллă участоксем çинче кĕрхи çĕртме сухине 27 сантиметртан ăшăхрах сухаланă пулсан, çуркунне тăпра типпĕ хыççăнах отвалсăр плугсемпе 27—30 сантиметр тарăнăш кăпкалатмалла. Ун хыççăн çиелтен культиваторсемпе кăпкалатса участока акма хатĕрлемелле.

Пирĕн республикăри нумай колхозсем выльăх кăшманне кая юлса, ир акакан тĕштырăсене акнă хыççăн тин акса пысăк йăнăш тăваççĕ. Тăпрара нӳрĕ çителĕклĕ пулсан выльăх кăшманĕ 10—12 кун хушшинче шăтса тухать. Кая юлса аксан тăпрари нӳрĕ сахалланнă пирки кăшман вăррисем час шăтса тухмаççĕ, тымарсене çитĕнме вăхăт кĕскелет. Çавна пула тымарçимĕç тухăçлăхĕ пысăк пулмасть.

Выльăх кăшманĕн вăрлăхне нӳретсе акни усăллă. Кашни килограмм вăрлăх пуçне пĕр литр шыв кирлĕ. Вăрлăха пĕр талăк хушшинче 4—5 хутчен шывпа нӳретеççĕ. Шыв сапнă хыççăн вăрлăха кĕреçепе лайăх хутăштарас пулать. Нӳретнĕ вăрлăх купи 2—3-мĕш кунсенче 18—25 градус таран ăшăнать. Купара ăшă пĕр пек тикĕс пултăр тесе, вăрлăха талăкра ик-виç хут тĕплĕ хутăштармалла. Нӳретнĕ хыççăн виççĕмĕш талăкра вăрлăх купине салатса 10 градус таран сивĕтнĕ хыççăн акма тытăнаççĕ.

Выльăх кăшманне ир акакан тĕштырăсемпе пĕр вăхăтра, сеялкăсемпе акмалла. Калчана пăхса ӳстерес ĕçсене механизацилеме май пултăр тесе, ретсен хушшине 60 сантиметр хăвармалла. Çумкурăксем нумай тухнă е вăйлă çумăр хыççăн тăпран çиелти сийĕ хытса ларнă пирки час-часах выльăх кăшманĕ шăтса тухиччен участока кăпкалатма тивет. Çавăнпа та, ретсем паллă пулччăр тесе, выльăх кăшманĕпе пĕрле кашни гектар пуçне 3—5 килограмм сĕлĕ хутăштарса аксан лайăх.

**Агроном М. ЯНДИМИРКИН.**

### Пурçăн хурчĕ ĕрчетме хатĕрленеççĕ

СОВЕТСКИ. Иртнĕ çулта районти ултă колхозра малтанхи хут пурçăн хурчĕ ĕрчетме тытăннă. Колхозсем ку ĕçе ăнăçлă туса иртерне. Буденный ячĕпе, Киров ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан колхозсем пурçăн хурчĕсен коконĕсем хатĕрлемелли плана 130—170 процент пурнăçларĕç.

Пурçăн хурчĕ ĕрчетнĕ çĕрте хастарлă ĕçленĕ колхозниксене укçа парса премиленĕ.

Государство пурçăн хурчĕ ĕрчетме колхозсене юман вăрманĕ уйăрса парать.

Иртнĕ çулхи опытпа усă курса районта чылай колхозсем кăçал пурçăн хурчĕ ĕрчетме тытăнаççĕ.

Киров ячĕпе тăракан колхозри пурçăн хурчĕ ĕрчетекен бригада бригадирĕ Т. Бычков юлташ пурçăн хурчĕ ĕрчетес ĕçре хăйĕн опычĕпе ыттисене паллаштарать. Колхозра 20 çынтан уйрăм бригада тунă. Вĕсем пурçăн хурчĕ ĕрчетмелли ăсталăха вĕренеççĕ.

**В. МИХАЙЛОВ.**

### Еçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене пăсмалла мар

Кок-сагыз тымарĕпе вăрлăхĕ хатĕрлесе панăшăн колхозниксене ĕçшĕн хушса тӳлени вĕсене тата лайăхрах ĕçлеме хавхалантарать. Контрактаци договорĕ тунă чухне колхозсем çакăн пек обязательство илеççĕ: кок-сагыз тымарĕпе вăррине панăшăн колхоз илекен укçаран 25 процентне çак техникăллă культурăна акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозниксене хушса тӳлемелле. Контрактаци планĕнчен иртерсе кок-сагыз продукцийĕ панăшăн тата преми шучĕпе илекен укçаран 50 процентне бригадăри колхозниксене тӳлемелле. Кунсăр пуçне кок-сагыз тымарне панăшăн государствăна çĕрулми памалли плана тултарнă шута кĕртнĕ хисепрен 50 процент чухлĕ çĕрулмие кок-сагыз бригади членĕсене памалла. Çавăн пекех колхоз договор тăрăх государствăран илекен тырăран суррине кок-сагыз бригадин членĕсене сутмалла.

Çак йĕркепе тивекен укçа-тенкĕпе тырпула кок-сагыз акса тăвакан звеносем хушшинче, вĕсем мĕн чухлĕ кок-сагыз продукцийĕ туса илнине кура, звено членĕсем хушшинче—кашни колхозник кок-сагыз акса тăвас ĕçре миçе ĕçкунĕ туннине кура валеçеççĕ.

Кок-сагыз акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен малта пыракан колхозсем колхозниксене ĕçшĕн хушса тӳлемелли укçа-тенкĕне тата тырпула вăхăтра парса татрĕç. Тухăçлă кок-сагыз ӳстерекенсем пысăк тупăш илчĕç. Сăмахран, Вăрмар районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозра кок-сагыз акса тăвас ĕçре тунă ĕçкунĕсем тăрăх колхозниксене 120 пин тенкĕ ытла укçа, 1.600 центнер ытла çĕрулми хушса тӳленĕ. Кунсăр пуçне премии шучĕпе кок-сагыз бригадирне В. Ильина юлташа 5.500 тенкĕ ытла, колхоз председателĕ пулнă В. Алексеев юлташа 8.500 тенке яхăн укçан тӳленĕ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозра чылай колхозниксем икĕ пиншер тенкĕ тата ытларах та укçа илнĕ.

Анчах та чылай колхоз руководителĕсем контрактаци договорĕсенче кăтартнă ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркесене тĕрĕс пурнăçлама тăрăшмаççĕ. Чылай колхозсенче кок-сагыз акса тăвас тĕлĕшпе 1951 çулта ĕçленĕшĕн хушса тӳлемелли йĕркепе колхозниксене ку таранччен тӳлесе татман.

Хăшпĕр колхозсенче, кок-сагыз тымарĕпе вăррине хатĕрлесе памалли плана тултарман пулин те, правлени председателĕсем законсăр йĕркепе премии укçи илнĕ. Сăмахран, Вăрмар районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Кондратьев 1.220 тенкĕ укçа законсăр илнĕ. Кун пек тĕслĕхсем Чурачăк районĕнчи «Прожектор», Ленин ячĕпе тăракан, «Победа», «Путь Сталина» колхозсенче те пур.

Районсенчи ялхуçалăх органĕсен кок-сагыз акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозниксене ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене пăснине пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать. Законсăр йĕркепе илнĕ укçана шырса илнине ревизи комиссийĕсен тĕрĕслесе тăмалла.

**Агроном Л. ГРОМОВ.**

# Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветра

## Чăваш АССР-ĕнчи промышленность, транспорт тата çыхăну предприятийĕсем 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Чăваш АССР-ĕнчи промышленность, транспорт тата çыхăну предприятийĕсем 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет президиумĕ çапла йышăннă:

### СССР МИНИСТЕРСТВИСЕМПЕ ВЕДОМСТВИСЕНЕ ПАХĂНСА ТАРАКАН ПРЕДПРИЯТИСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Шупашкарти пир-авăр фабрикине памалла тунă (директорĕ Бекренев юлташ, фабком председателĕ Кулакова юлташ). Фабрика 1952 çулхи пĕрремĕш квартала продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 101,8 процент, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 5,7 процент иртерсе тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 2,2 процент йÿнетнĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетсе планран иртерсе тупăш тунă, 1951 çулхи пĕрремĕш кварталтипе танлаштарсан, 11,9 процент ытларах продукци туса кăларнă, социализмлă ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Улатăрти махорка фабрикипе Шупашкарти чăлха фабрикĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

### АПАТ-ÇИМĔÇ ТАТА АШ-КĂКАЙПА СĔТ-ÇУ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Шупашкарти сăра заводне памалла тунă (директорĕ Быков юлташ, завком председателĕ Филиппов юлташ). Завод 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 133 процент, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 10,8 процент йÿнетнĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетсе планран иртерсе 56 пин тенкĕ тупăш тунă, ĕç тухăçлăхне 30,7 процент ÿстернĕ, социализмлă ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Шупашкарти макарон фабрики лайăх ĕçленине палăртнă.

### РАЙОНСЕНЧИ ВЫРĂНТИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Канаш райпромкомбинатне памалла тунă (директорĕ Платонов юлташ, местком председателĕ Егоров юлташ). Райпромкомбинат 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 141,8 процент, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 20,7 процент иртерсе тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 13,8 процент йÿнетнĕ, тупăш тумалли плана иртерсе тултарнă, оборотри укçа-тенкĕ çаврăнăшне хăвăртлатнă.

Тарасасем юсакан завод, Канаш хулинчи промкомбинат, Шуркасси, Сĕнтĕрвăрри тата Пĕлпрес райпромкомбиначĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

### РАЙОНСЕНЧИ АПАТ-ÇИМĔÇ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Шупашкар хулинчи апат-çимĕç комбинатĕнчех хăвармалла тунă (директорĕ Ефимов юлташ, местком председателĕ Платонова юлташ). Апат-çимĕç комбиначĕ 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 108,5 процент, пур изделисем енĕпе те тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана иртерсе тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 8,2 процент йÿнетнĕ, планран иртерсе 35 пин тенкĕ тупăш тунă.

Çĕмĕрле, Калинино тата Чкаловски апат-çимĕç комбиначĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

### ÇЫХĂНУ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Муркаш районĕнчи çыхăну кантурне памалла тунă (начальникĕ Федоров юлташ, рабочком председателĕ Соловьев юлташ). Кантур 1952 çулхи пĕрремĕш кварталти плана тупăшсем енĕпе 104,1 процент, телеграммăсем ярса илмелли плана 114,4 процент, телефонпа калаçмалли плана 126,3 процент, радио кĕртмелли плана 100 процент тултарнă, социализмлă ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Кÿкеç çыхăну кантурĕпе Шупашкарти линейно-технически узела лайăх ĕçленине палăртнă.

### КОММУНАЛЬНĂЙ ХУÇАЛĂХ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Агăл леш енчи электростанцине памалла тунă (директорĕ Зубов юлташ, завком председателĕ Михайлов юлташ). Электростанци 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта электроэнерги туса кăлармалли плана 101,4 процент тултарнă, электроэнерги тума ларакан хака йÿнетнĕ, планран иртерсе 367,4 пин тенкĕ тупăш тунă.

### ТРАНСПОРТ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне чугун çулăн пиллĕкмĕш дистанцине памалла тунă (начальникĕ Светоозерский юлташ, местком председателĕ Николаев юлташ). Дистанци пĕрремĕш кварталти заданине пур кăтартусем тăрăх та тултарнă.

* * *

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта Çĕмĕрлери ывăс ярапалисем тăвакан «Комбайнсталь» завод, Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ, Кирери рыбпромкомбинат, Улатăрти атă-пушмак фабрики, Етĕрнери çу завочĕ тата Долгопольянăри хăма çуракан завод çителĕклĕ ĕçленине палăртнă.

# Вулакансен ыйтăвĕсем çине ответлетпĕр

## Коммунизмăн аслă стройкисенчи техника çинчен

П. Захаркин слесарь, А. Круглов маляр, А. Алексеев лепщик тата В. Кривоносов механик (Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ) коммунизмăн аслă стройкисенче усă куракан техника çинчен ăнлантарса пама ыйтаççĕ. Вĕсен ыйтăвĕ çине ответлес майпа эпир çак статьяна пичетлетпĕр.

Пирĕн Тăван çĕршыв экономики — мирлĕ строительство экономики. Совет государствин мирлĕ политика тытса пынине тата социализмлă çĕршывăн вăйхăватне Атăлпа Днепр, Донпа Аму-Дарья çинче коммунизмăн аслă стройкисене тунинчен уççăн курма пулать.

Атăлпа Днепр çинчи гидростанцисем гидротехникăпа энергетика тĕлĕшĕнчен кăткăс сооруженисем пулаççĕ. Пысăк шыв хранилищисем, вăрăм, çÿлĕ тата сарлака пĕвесем тумалла. Çав пĕвесем тăрăх чугун çул юпписем, автомашинăсем çÿремелли çулсем хываççĕ. Пĕвен пĕр сыранĕнче гидроэлектростанци, тепĕр енче пăрахутсене йышăнса ăсатмалли шлюзсем пулаççĕ.

Асăннă стройкăсенче чăн-чăн пысăк ĕçсем тумаллине çакăнтан курма пулать: гидроэлектростанцисемпе каналсем тума иккĕ çурă—виçĕ миллиард кубометр çĕр чавса кăлармалла. Суэцки канала тунă чухне 10,5 çулта 75 миллион кубометр çĕр чавса купаланă. Куйбышев гидроэлектростанцине тунă çĕрте чавса купамалли çĕре вагонсем çине тиесен, çав вагонсем çĕр чăмăрĕн экваторĕ тавра тăватă хут çаврăннă пулĕччĕç. Туркменири тĕп канала тунă çĕрте 300 миллион кубометр çĕр чавса купаламалла пулать.

Уйрăмах бетон нумай хывма тивет. Çурçĕр Америкăпа Кăнтăр Америка хушшинчи 81 километр тăршшĕ Панамски канала тунă чухне тăватă миллион кубометра яхăн бетон хывнă. Куйбышев гидроэлектростанцине тунă çĕрте çултаläкра çавăн чухлĕ бетон хывмалла. Пĕтĕмĕшпе кунта ултă миллион кубометр бетон хывма палăртнă. Çавăн чухлĕ бетон Мускавпа Баку хушшине пĕр метр хулăнăш тата виçĕ метр çÿлĕш стена хывма ситнĕ пулĕччĕ. Аслă стройкăсене тунă çĕрте пĕтĕмĕшпе 20 миллион кубометр бетон хывмалла. Кунсăр пуçне мĕн чухлĕ тимĕр, хурçă, йывăç, чул тата ытти материалсем кирлĕ пулаççĕ!

Çавăн пек калама çук пысăк ĕçсене пуян, хăватлă техникăллă, мирлĕ пурнăçшăн кĕрешекен çĕршыв çеç тума пултарать. Капиталистсем маларах асăннă Панамски канала 34 çул хушши тунă. Пирĕн тĕнчере халиччен пулман пысăк гидростанцисемпе каналсене ултă-çичĕ çулта туса пĕтермелле.

Социализмлă халăх хуçалăхĕ сталинла стройкăсене тума мĕн кирлине пурне те вăхăтра тата çителĕклĕ парса тăрать. Совет çыннисем аслă стройкăсен заказĕсене чыслă пурнăçлассишĕн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Пыйăр промышленность халиччен пулман хăватлă машинăсемпе механизмсем туса кăларать. Çак статьяра коммунизмăн аслă стройкисенче ĕçлекен уйрăм механизмсемпе машинăсем çинчен кĕскен каласа парăпăр.

Çĕр чавса купаланă çĕрте пĕр вырăнтан тепĕр вырăна хăйсемех куçса çÿрекен ЭШ-14/65 йышши экскаваторсемпе анлă усă кураççĕ. Экскаватор курки пĕр харăс 14 кубометр çĕр чавса илет. Çак курка ăшне «Победа» автомашина лайăххăн вырнаçма пултарать. Экскаватор çĕмĕренĕ (стрелки) 65 метр тăршшĕ. Çапла вара экскаватор чавса кăларнă çĕре 130 метр аякарах куçарса пăрахма пултарать. Экскаватор кашни минутра пĕр хут çĕр чавса илсе кирлĕ вырăна тăкать. Цимлянски гидроузел тунă çĕрте экскаваторпа ĕçлекен стахановецсем çав операцине 45 секундра тума ĕлкĕреççĕ.

Экскаватор 1.200 тоннăна яхăн таять. Апла пулин те вăл путмасть, мĕншĕн тесен унăн оборудованине 155 тăваткал метрлă рамăсем çине вырнаçтарнă. Экскаватора ĕçлеттерме электроэнерги нумай кирлĕ. Пурĕ 6.000 киловатлă электромоторсем ăна энерги парса тăраççĕ. Çавăн чухлĕ электромоторсен хăвачĕ Çĕмĕрле хулинчи мĕнпур предприятисене ытлашшипех çитет. Пĕр экскаватор Полтава хулинчен нумайрах электроэнерги пĕтерет.

Çак пысăк механизм çинче пурĕ пилĕк-ултă çын çеç ĕçлет. Вĕсем алăпа ĕçлекен 8.000 çын чухлĕ çĕр чавса купалаççĕ. Унăн хăвачĕ мĕн тери пысăккине ак çакăнтан курма пулать: пĕр экскаваторпа çулталăкра Днепрогэса тунă чухне пĕтĕмĕшпе тăватă çул хушшинче çĕр чавса купаланă чухлĕ ĕç тăваççĕ.

Асăннă машинăна Уралмашзавод туса кăларать. Юлашки вăхăтра Сталино хулинчи Ново-Краматорски завод тата хăватлăрах «ЭГЛ-15» экскаватор туса кăларма хатĕрленет. Ку агрегатăн курки пĕр харăс 18 кубометр çĕр чавса кăлармалла.

Аслă стройкăсенче çĕр чавса купаланă çĕрте тата тепĕр йышши хăватлă механизмсемпе усă кураççĕ: çĕре çемçетессине тата ăна пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарса пăрахассине хăватлă шыв таппипе тăваççĕ. Çав механизмсене земснаряд, теççĕ. Горький хулинчи «Красное Сормово» завод темиçе тĕрлĕ земснаряд туса кăларать.

Земснарядăн оборудованийĕпе механизмĕсене баржа çине вырнаçтараççĕ. Земснаряд çапла ĕçлет: пысăк пăрăх ăшĕнче вăрăм вал пур. Ун вĕçне ятарласа туса хатĕрленĕ фреза лартнă. Валпа фреза хăвăрт çаврăнса шыв айĕнчи çĕре çемçетсе шĕветеççĕ. Хăватлă насуссем шĕвек çĕре шывпа хутăш сăхса илеççĕ те виç-тăватă километр тăршшĕ трубопровода яраççĕ.

Земснаряд кашни сехетре 1.000 кубометр шĕвек çĕре 80 метр çÿлĕш вырăна юхтарать. Вăл çĕре 24 метр тарăнăшĕнчен сăхса илме пултарать. Ку агрегата ĕçлеттерме 7.000 лаша вăйлă электростанци кирлĕ. Сăмах майĕн çакна каласа хăварма пулать: пирĕн республикăра 1933 çулта пурĕ 3.7 пин лаша вăйлă электростанцисем çеç пулнă. Земснаряд çинче 15—18 çын ĕçлет. Вĕсем 35 пин рабочи, 15 пин лав ĕçне тăваççĕ.

Туркменири тĕп канала чавма тата хăватлăрах земснаряд туса кăларма хатĕрленеççĕ.

Атăлпа Днепра, Донпа Аму-Дарья юханшывĕсене бетонпа пĕвелеççĕ. Бетон тесе цемент, чул, хăйăр тата шыв хутăштарса тунă материала калаççĕ. Бетон туса хатĕрлеме ятарласа тăватă хутлă заводсем лартнă. Çав заводсенче автомат-станоксем ĕçлеççĕ: вĕсем хăйсемех кирлĕ чухлĕ материалсем виçсе илеççĕ, шыв температурине йĕркелеççĕ. Автоматсем мĕнле ĕçленине тĕрĕслеме кашни заводра пурĕ тăватă рабочи çеç уйăрнă.

Экскаваторсем чавса кăларакан çĕре 25 тоннăллă автомашинăсемпе турттараççĕ. Çак машинăсене Минск хулинче туса кăлараççĕ. Тимĕр свайсене çĕре 12—15 метр тарăнăш çапса кĕртмелле. Паллах, ку ĕç çăмăл мар. Анчах электровибратор кашни свая виçĕ-тăватă минутра çапса кĕртет. Стройкăсенче тата ытти хăватлă механизмсем те нумай. Тăван çĕршыв пуян техникăна ĕçе лайăх пĕлекен, пуçарулă та пултарулă кадрсене шанса панă. Вĕсем, парторганизацисем ертсе пынипе, коммунизмăн аслă стройкисене партипе правительство палăртнă срокра туса пĕтерессишĕн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

Инженер А. БАЙМУРАТОВ,
Политикăпа наука пĕлĕвĕсене сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество членĕ.

# Плана иртерсе тултарнă

ÇĔМĔРЛЕ. Май уявĕ умĕнхи социализмлă ăмăртăва хутшăнса, районти чылай предприятисем ĕçре çитĕнÿсем турĕç. Сĕтел-пукан комбиначĕ апрель уйăхĕнче продукци туса кăлармалли плана ăнăçлă тултарчĕ. Цехсем хушшинчи ăмăртура виççĕмĕш, пиллĕкмĕш тата улттăмĕш цехсем паха тĕслĕх кăтартнă. Вĕсем плана пур кăтартусем тăрăх та ăнăçлăн тултарнă.

Экстракт тăвакан «Большевик» завод пĕрремĕш кварталти производство планне иртерсе тултарнăччĕ. Апрель уйăхĕнче вăл çĕнĕ çитĕнÿ турĕ: плана 105 процент тултарчĕ. Горшковпа Александрин мастерсем ертсе пыракан стахановла сменăсем уйăхри заданине 119,8 процент тултарнă. Завод тăватă уйăх хушшинче чĕртавар, электроэнерги тата топливо чылай перекетленĕ, продукци пахалăхне лайăхлатнă.

Тумтир çĕлекен индпошив мастерскойĕ тăватă уйăхри плана иртерсе тултарчĕ. Апполонова юлташ ертсе пыракан бригада иртнĕ уйăхри заданине 150 процент пурнăçларĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ республикăри инвалидсен кооперацийĕн артелĕсем 1952 çулхи 1-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем тăрăх «Партизан» артеле хăйĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне памалла тунă. Артель коллективĕ апрель уйăхĕнче те ăнăçлăн ĕçлерĕ, планран иртерсе чылай продукци туса кăларчĕ. Ширшов ячĕпе тăракан промартель тăватă уйăхри плана апрелĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. «Союзплодотара» завочĕ иртнĕ уйăхри плана 125 процент тултарчĕ. 1951 çулта çу завочĕ юлса пыратчĕ. Уяв умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, завод иртнĕ уйăхри плана иртерсе тултарчĕ. Апат-çимĕç комбиначĕ, чугун çул станцийĕ тата ытти хăшпĕр предприятисем те хăйсем умĕнче тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пыраççĕ.

Халĕ районти рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем уяв умĕнхи çитĕнÿсене çирĕплетсе, 1952 çулхи плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн хăйсен вăйне шеллемесĕр кĕрешеççĕ.

А. РЕЧНОВ,
ВКП(б) Çĕмĕрле райкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ.

# Ял Совечĕсем социализмлă ăмăртăва хутшăнаççĕ

ИШЛЕЙ. Районти ял Совечĕсем Чкаловски районĕнчи ял Совечĕсен примерĕ тăрăх 1952 çул валли социализмлă обязательствăсем йышăнса ăмăртăва хутшăнаççĕ.

Çак кунсенче Кипечкассипе Вăрмар Çĕктер ял Совечĕсен сессийĕсем пулса иртрĕç. Вĕсем пĕр-пĕрипе социализмлă ăмăртса ĕçлеме пулса обязательствăсем илчĕç.

Райсовет исполкомĕ ял Совечĕсен социализмлă ăмăртăвне организацилес ыйтупа çак кунсенче ял Совет председателĕсен канашлăвне ирттерчĕ.

# Вырăнти пичет ĕçне лайăхлатар!

## Авторсен активĕ—хаçат тĕренĕ

1932 çулхи январĕ уйăхĕнче «Коммунизм Байрагы» хаçатăн пĕррремĕш номерĕ тухнă. Хаçат, ВКП(б) райкомĕпе райсовет исполкомĕн боевой органĕ пулса, хресченсене телейлĕ те тулăх пурнăç çулĕ çине—колхозлă пурнăç çулĕ çине тăма пулăшса пынă, социализмлă ялхуçалăхĕнче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарнă.

Паянхи куна районта «Коммунизм Байрагы» хаçат 1.773 номер тухрĕ. Вĕсенче сахалтан та 32 пин ытла тĕрлĕ статьясемпе заметкăсем пичетленнĕ. Хаçатăн активĕ çултан-çул ÿссе пырать. Малтанхи çулсенче 60 çын çырнă пулсан, паянхи куна корреспондентсем 150 çын ытла шутланаççĕ. Редакцине кашни кунах 15—20 çыру килет. Вĕсенчен 70 процентне эпир пичетлесе кăларатпăр. Хаçат çине çырса тăракансем хушшинче вăйлă тырпул мастерĕсем, механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, выльăх-чĕрлĕх пăхакансем, ялти интеллигенци, медицина работникĕсем, партипе совет работникĕсем чылай.

Хаçат ĕçĕ ăнăçлă пулса пырасси — массăсемпе çирĕп çыхăну тытнинчен килет. Çавăнпа та эпир час-часах хаçат корреспонденчĕсене пухса канашлусем ирттеретпĕр.

Хаçат корреспонденчĕсем — колхозлă ялăн чи лайăх çыннисем. Акă, «Гвардеец» колхозри уй-хир бригадин бригадирĕ орденоносец А. Перепелкин юлташах илер. Вăл ертсе пыракан бригада иртнĕ çул пĕтĕм акакан çĕр лаптăкĕнчен вăтамран 21,4-шер центнер ыраш туса илчĕ. Кăçал бригада членĕсем гектартан 25 центнертан кая мар ыраш туса илме социализмлă обязательство илчĕç. Нумаях пулмасть эпир Перепелкин юлташ хăйĕн бригадин опычĕ çинчен çырнă статьяна пичетлерĕмĕр.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри паллă каучуковод А. Румянцев юлташ та хаçатăн активлă корреспонденчĕ шутланать. Вăл ертсе пыракан бригада юлашки икĕ çул хушшинче кок-сагыз тымарĕпе вăррине государствăна парса, колхоза çур миллион тенкĕ тупăш пачĕ. Кăçал бригадăри каучуководсем колхоза 400 пин тенкĕ тупăш пама обязательство илчĕç.

Районти педагогика кабинечĕн заведующийĕ Я. Толстов юлташ шкулсенчи вĕренÿпе воспитани ĕçĕ çинчен тăтăшах çырса тарать. Вăл юлашки кунсенче çырнă «Ачасене килйышра воспитани парасси» ятлă статьяна районти учительсем тата вĕренекенсен ашшĕ-амăшĕсем активлăн сÿтсе яваççĕ.

«Восток» колхозри сысна ферминче кăтартуллă ĕçлекен И. Николаева, Ленин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ А. Корсаков, «Маяк» колхозри аслă конюх Ф. Вахитов, «Дружба» колхоз председателĕ Х. Булатов, Анат Туçа ял Совечĕн председателĕ А. Андреев, «Гвардеец» колхозри комсомол организаци секретарĕ Г. Медведев, агрономсем А. Петрова, А. Максимов, О. Петрова, Н. Митина, Е. Трутанова юлташсем, М. Харитонов, Е. Ермакова, А. Кузнецов учительсем, çамрăк корреспондентсем Г. Лисин, Н. Абужаров, И. Краснов, Г. Плечов тата ытти нумай юлташсем хаçатăн чи активлă корреспонденчĕсем шутланаççĕ.

Районти партипе совет работникĕсем те хаçата тăтăшах çырса тăраççĕ. Райсовет исполкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ М. Алексеева, финанс пайĕн заведующийĕ А. Хохлов, райсовет исполкомĕн председателĕ К. Юлдашев, ВКП(б) райкомĕн секретарĕсем П. Тимофеев, Н. Фомин, А. Шорников юлташсем хаçата çырса тăраççĕ.

Хаçат халĕ районти ĕççыннисене ялхуçалăхĕнче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн ырми-канми ĕçлеме хăйĕн большевикла витĕмлĕ сăмахĕсемпе хавхалантарса пырать.

Анчах та «Коммунизм Байрагы» хаçат ВКП(б) обкомĕн VIII-мĕш пленумĕ кăларса тăратнă задачăсем çинчен çителĕксĕр çырать-ха. Хаçатра совет строительстви çинчен çырнă статьясем сахал пичетленеççĕ.

Партипе правительство решенийĕсене ĕççыннисене ăнлантарса парасси, предприятисен, МТС-ăн, колхозсен, шкулсен, больницăсен, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен пурнăçне тарăнăн çутатасси, лайăх опытсене пĕтĕçтерсе пропагандăласси, большевикла критикăпа самокритикăна хăюллăн сарасси, ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ пирĕн республика умне кăларса тăратнă задачăсене татса парассишĕн ĕççыннисене активлă кĕрешĕве çĕклесси,— çаксем пурте пирĕн умра хальхи вăхăтра тăракан тĕп задачăсем пулса тăраççĕ.

И. МЕШКОВ,
«Коммунизм Байрагы» хаçат редакторĕ.

# Заметкăсен витĕмлĕхĕшĕн

Большевикла пичет критикăпа самокритика сарса пымалли хăватлă хĕçпăшал пулса тăрать. Кашни хаçатра тĕплĕ çырнă критикăллă статьясем пичетлесе, критикăллă кашни заметка витĕмлĕхĕшĕн кĕрешмелле.

Çак пысăк та ответлă задачăна пирĕн Ишлей районĕнчи «Колхозник хаçачĕ» еплепурнăçласа пырать-ха?

Юлашки вăхăтра, массăсемпе çыхăнса ĕçлессине лайăхлатнă май, хаçат çине çырса тăракансен хисепĕ чылай ÿсрĕ. Эпир çитменлĕхсене критиклесе çырнă заметкăсем нумай илетпĕр. Корреспондентсем, пĕтĕмĕшпе илсен, фактсене тĕрĕс кăтартаççĕ. Критикăллă заметкăсене, лайăх ĕçсемпе опытсем çинчен çырнă статьясем пекех, хаçатра ытларах пичетлеме тăрăшатпăр. Редакци хаçатра тухнă кашни заметка витĕмлĕхĕшĕн, заметкăра кăтартнă çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерессишĕн тăрăшать.

Иртнĕ çул вĕçĕнче хаçатра район центрĕнчи столовăйри йĕркесĕрлĕхсем çинчен фельетон пичетлĕнсе тухрĕ. Фельетона ятарласах райпотребсоюз правленин ларăвĕнче тата суту-илÿ работникĕсен канашлăвĕнче сÿтсе яврĕç. Столовăй ĕçне япăхтарнăшăн унăн заведующине ĕçрен кăларнă, райпотребсоюз руководителĕсене ĕçе лайăхлатма хушнă. Каярахпа столовăй ĕçĕ чылай лайăхланчĕ.

Пилĕк уйăх каялла хаçатра пичетленнĕ «Ялхуçалăх артель Уставне пăсмалла мар» ятлă заметкăра уйрăм колхозсенче Устава пăсни çинчен çырнăччĕ. Заметкăри критика витĕмлĕ пулчĕ, унта асăннă çитменлĕхсене чылай колхозсенче çийĕнчех пĕтерчĕç.

И. Васильев колхозник Жданов ячĕпе тăракан колхозра çуракине начар хатĕрленни çинчен пĕлтерчĕ. Унăн çырăвне хаçатра пичетлерĕмĕр. Колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци хаçатра критиклесе çырнинчен тивĕçлĕ вывод турĕç, çуракине начар мар хатĕрленсе тухрĕç. Кунта уй-хир ĕçĕсем йĕркеллĕ пулса пыраççĕ.

Паллах, редакцине килекен çырусене пурне те хаçатра пичетлесе кăларма çук. Вĕсенчен пĕр пайне эпир тивĕçлĕ организацисене ярса паратпăр. Пĕтĕмĕшпе илсен, учрежденисемпе организацисен руководителĕсем тĕрĕслеме янă çырусене, çавăн пекех хаçатра тухнă заметкăсене, вăхăтра тĕрĕслесе тухса, кирлĕ мерăсем йышăнаççĕ.

Анчах çав хушăрах ĕççыннисен çырăвĕсем çине тивĕçлипе пăхман руководительсем те пур-ха. Редакци ярса паракан çырусемпе хаçатра тухакан критикăллă заметкăсем тăрăх уйрăмах райсовет исполкомĕн ялхуçалăх, кинофикаци тата культурăпа çутĕç пайĕсем вăхăтра мерăсем йышăнмаççĕ.

Кăçалхи мартăн 13-мĕшĕнче тухнă номерте «Герой» колхоз председателĕ Яранцев юлташ çуракине хатĕрленес ĕçе ертсе пыманни çинчен çырнăччĕ. Районти ялхуçалăх пайĕ, çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме мерăсем йышăнас вырăнне, «заметкăри фактсем тĕрĕс, Яранцева çитменлĕхсене пĕтерме хушнă» тесе редакцине çырса пĕлтернипех лăпланнă. Ахальтен мар çак колхоз çуракине тухма япăх хатĕрленчĕ, акма вăрлăх та çитмест, кălчасене апат парассине йĕркелемен. Выльăх-чĕрлĕх фермисенчи çитменлĕхсем чакма мар, юлашки вăхăтра тата хутшăнчĕç.

Юлашкинчен редакци ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен те каламасăр хăварма çук.

Хăшпĕр чухне пирĕн хаçатра пичетленнĕ заметкăсенче критика çителĕксĕр, çÿлĕ пусăмра тăмасть. Редакци ĕççыннисен çырăвĕсемпе хаçатра тухнă критикăллă заметкăсем çине ответсăр пăхакан уйрăм руководительсем тĕлĕшпе ыйтăва сивĕччĕнех лартаймасть-ха. Çак пысăк çитменлĕхе, паллах, пирĕн тĕппипех пĕтермелле. Кунпа пĕрлех ĕççыннисен çырăвĕсене ытларах пичетлемелле. Ăна пурнăçлама уйрăмах хаçата эрнере икĕ хут кăларма пуçланăранпа ытларах майсем пулса тăчĕç.

«Колхозник хаçачĕ» малашне хăй тавра ĕççыннисен массине ытларах явăçтарса, хăйĕн пропагандăпа агитацилле тата организаторла рольне татах ÿстерсе пырĕ.

Х. ЛИСИН,
«Колхозник хаçачĕ» редакторĕ.

# Пичет кунне паллă туни

КУСЛАВККА, майăн 5-мĕшĕ. (Телефонпа). Майăн 3-мĕшĕнче Культура çуртĕнче парти, профсоюз, комсомол активĕн тата корреспондентсен пухăвĕ пулчĕ. Пухура большевикла пичет кунĕ çинчен доклад пулчĕ.

Пухура тухса каланă юлташсем республикăри «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн хăшпĕр çитменлĕхĕсене палăртрĕç, çитменлĕхсене пĕтерме паха сĕнÿсем пачĕç.

Районти çутĕç пайĕн инспекторĕ А. Степанов юлташ вырăсларан куçарнă статьясен пахалăхĕ çинчен каларĕ.

— Куçарса пичетленĕ материалсен пахалăхĕ начар. Тепĕр чухне материалта мĕн çинчен каланине ăнланса илме те йывăр. Редакцин вырăсларан куçарассине тĕпренех лайăхлатмалла, ансат та çăмăл чĕлхепе, ăнланмалла куçарма тăрăшмалла.

Районти сывлăх пайĕн заведующийĕ А. Мегалинская юлташ «Коммунизм ялавĕ» хаçата медицина ыйтăвĕсемпе сахал çырнăшăн критиклерĕ.

— Хаçат редакцийĕн рабочи корреспондентсем хушшинче ĕçлессине, районсенчи хаçатсемпе стена хаçачĕсене ертсе пырассине тĕпренех лайăхлатмалла,— терĕ çуртсем тăвакан заводра ĕçлекен А. Просуков юлташ.

Пухура çавăн пекех «Динамо» колхозри стена хаçачĕн редакторĕ П. Миронов, çуртсем тăвакан завăдри комсомол комитечĕн секретарĕ В. Карцев, ВКП(б) райкомĕн секретарĕ А. Колпакова юлташсем тухса каларĕç.

# Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче

## Промысла кооперацийĕпе инвалидсен кооперацийĕн артелĕсем 1952 çулхи 1-мĕш кварталта социализмлă ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Чăваш АССР-ĕнчи промысла кооперацийĕпе инвалидсен кооперацийĕн артелĕсен 1952 çулхи пĕрремĕш кварталти социализмлă ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

### ПРОМЫСЛА КООПЕРАЦИЙĔН АРТЕЛĔСЕН ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Вăрнарти «Скороход» артеле памалла тунă (правлени председателĕ Ежов юлташ). Артель 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 119 процент, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, тупăш тумалли тата товар çаврăнăшĕн плана иртерсе тултарнă, ĕççыннисен пăхса ыйтăвĕсене тивĕçтермелли плана, социализмлă ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Çĕрпÿри «Перламутр», Шупашкарти «Металлист» тата Канашри «Дружба» артелĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

### ВĂРМАН ПРОМЫСЛА КООПЕРАЦИЙĔН АРТЕЛĔСЕН ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан артеле памалла тунă (председателĕ Степанов юлташ). Артель 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 147,5 процент, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 5,3 процент вырăнне 8 процент йÿнетнĕ, 131,5 пин тенкĕ тупăш тунă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 41 процент иртерсе, ваккăн тавар сутмалли плана 77 процент иртерсе тултарнă, социализмлă ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Çĕрпÿ районĕнчи Туçи артелĕ, Шăхасан районĕнчи Чарпуç артелĕ, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Панакасси артелĕ, Шупашкарти вăрман хими артелĕ, Комсомольски районĕнчи Осипенко ячĕпе тăракан тата Сĕнтĕрвăрринчи «Кооператор» артелĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

### ИНВАЛИДСЕН КООПЕРАЦИЙĔН АРТЕЛĔСЕН ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Çĕмĕрлери инвалидсен «Партизан» артельне памалла тунă (председателĕ Мотов юлташ). Артель 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 158,5 процент, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне палăртнинчен 6,9 процент иртерсе йÿнетнĕ, тупăш тумалли плана тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 31,6 процент иртерсе пурнăçланă, ваккăн тавар сутмалли плана та тултарнă.

Вăрнарти «Трудовик» артель тата Чкаловскинчи «Гвардия» артелĕсем лайăх ĕçленине палăртнă.

# Халăх демократи çĕршывĕсенче

## Польшăра халăха вĕрентес ĕçĕн тата кĕнекепе пичет кунĕсене ирттерессĕ

ВАРШАВА, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Польшăра халăха вĕрентес ĕçĕн тата кĕнекепе пичет кунĕсене ирттерме пуçларĕ. Çак кунсене Польшăра кашни çулах ирттересси йăлана кĕнĕ, вĕсене ирттернĕ вăхăтра республика культура енĕпе тунă çитĕнÿсене пăхса тухассĕ.

Иртнĕ вăрçă умĕнхи вăхăтра Польшăра пĕр миллион ача ытла шкулсенче вĕренме пултарайман. Халĕхи вăхăтра Польша республикинче 22.980 шкул, вĕсенче 3 миллион та 200 пин ача вĕренет. Çичĕ çул вĕренмелли шкулсенчен кашни çул вăрçăччĕнхинчен утă хут нумай ача вĕренсе тухать. Кăçал кашни икĕ ялтан пĕринче пуçламăш шкул, кашни тăватă ялтан пĕринче çичĕ çул вĕренмелли шкул пулать.

Профессии шкулĕсенче халĕхи вăхăтра 500 пин ачана яхăн вĕренет, ытла каласан, вĕсене вĕренекенсен йышĕ вăрçăччен буржуазлă Польшăра çав шкулсенче вĕреннисен йышĕнчен 8 хут пысăкрах.

Вăрçăччен çĕршывра 28 аслă шкул пулнă, халĕ унта 83 аслă шкул. Вĕсенче вĕренекенсен йышĕ виçĕ хута яхăн ÿснĕ. Наукăпа тĕпчев институчĕсем 102 уçнă. Кăçал Польша историйĕнче чи малтанхи хут пур наукăсен енĕпе те академи уçнă.

Культура фрончĕн ытти участокĕсенче те пысăк çитĕнÿсем тунă. Хуласенчи кинотеатрсен хисепĕ, вăрçăччĕнхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ÿснĕ. Капитализмлă Польшăра ялсенче кинотеатрсем пачах пулман. Халĕхи вăхăтра 1.100 ытла ялан ĕçлекен киноустановкăсем пур. Хуласемпе ялсенче пĕтĕмпе 18 пин клуб тата Культура çурчĕсем уçнă.

Халăхăн пĕтĕм культурин ÿсĕмĕ кĕнекесем, сăмахран, политикăллă литература нумай тухнинчен курăнать. Польша Халăх Республикине туса хунăранпа çĕршывра Марксăн Энгельсăн суйласа илнĕ произведенийĕсен икĕ томне пичетлесе кăларнă, В. И. Ленин сочиненийĕсен 11 томĕ, И. В. Сталин Сочиненийĕсен 13 томĕ пичетленсе тухнă. Политикăллă ытти литературăна та нумай пичетлесе кăларнă, вĕсен пĕтĕм тираж 15 миллион экземпляр.

Вăрçăччĕнхипе танлаштарсан, халĕхи вăхăтра Польшăра илемлĕ литература кăлама çук нумай пичетлесе кăларассĕ.

Польшăра вырăс классикĕсен произведенийĕсене тата совет писателĕсен çырнă илемлĕ литература кĕнекисем анлă сарăлнă. Пушкинăн, Гоголĕн, Толстойăн, Горькин, Тургеневăн, Салтыков-Щедринăн, Чернышевскин, Добролюбовăн нумай произведенийĕсене тата совет авторĕсен 200 ытла тĕрлĕ произведенийĕсене поляккла куçарса пичетленĕ.

Хаçатсен пĕтĕм тиражĕ, 1937 çулхипе танлаштарсан, çичĕ хута яхăн ÿснĕ.

## Польшăри рабочисен производствăри çитĕнĕвĕсем

ВАРШАВА, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăра пур çĕртен те предприятисен коллективĕсем Май уявĕ умĕнхи ăмăртура илнĕ социализмлă обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлани çинчен пĕлтерессĕ. Краков воеводствинчи промышленноçăн 869 предприятийĕ, çав шутра Нова Гута металлургин комбинатне тăвакансен коллективĕ, Щецин узелĕнчи железнодорожниксем, Силезири нумай шахтăсенчи рабочисем, Лодзьри пир-авăр предприятийĕсенче ĕçлекенсем тата ыттисем те хăйсем Май уявĕ умĕн илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçланă.

Май уявĕ умĕнхи социализмлă ăмăртура Вроцлаври вагонсем тăвакан «Пафавăг» завод коллективĕ пуçарăвне. Коллектив хăйĕн обязательствисене ирттерсе пурнăçланă, планран ирттерсе 41 вагон туса кăларнă.

Ăмăрту итогĕсенчен çакă курăнать: Совет Союзĕнчи малта пыракан стахановецсен опычĕпе усă курни Польшăри рабочисене çав çитĕнÿсене тума нумай пулăшнă.

## Китай халăхĕ тĕнче культурин паллă деятелĕсене хисеплесе асăнать

ПЕКИН, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнче культурин паллă деятелĕсене Виктор Гюгона, Леонардо да Винчие, Н. В. Гоголе тата Авиценнăна хисеплесе асăнас ятпа паян Пекинра чаплă пуху ирттернĕ. Ăна Китай халăхĕн мире сыхлас тата Америка агрессине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлекен комитечĕ, Пĕтĕм Китайри литературăпа искусство работникĕсен ассоциацийĕ, Китайпа Совет Союзĕн туслăх обществи, Пĕтĕм Китайри çутçанталăка тĕпчесе вĕренес енĕпе ĕçлекен наука обществисен федерацийĕ, Пĕтĕм Китайри наукăпа техника пĕлĕвĕсене саракан общество, Китайри Хĕрлĕ Хĕрес обществи тата Китайри медицина обществи пухнă.

Чаплă пухăва Китай халăхĕн мире сыхлас тата Америка агрессине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе ĕçлекен комитечĕн председателĕ Го Мо-жо уçнă. Китай халăхĕ, тенĕ вăл, этемлĕхĕн культурăллă пуянлăхне хытă хисеплет, тĕнчери мĕнпур халăхсемпе пĕрле Виктор Гюгона, Леонардо да Винчие, Н. В. Гоголе тата Авиценнăна хисеплесе асăнать, вĕсене тĕнче культурин чаплă представителĕсем тесе шутлать.

Виктор Гюго, Леонардо да Винчи, Н. В. Гоголь тата Авиценна хăйсен ĕмĕрĕнче этемлĕхĕн ăс-тăнне аталантарас тата хăйсен халăхĕсен культурине аталантарас ĕçре малта пынине Го Мо-жо палăртнă. Вĕсем хăйсен халăхĕсен культурин нациллĕ уйрăмлăхĕсене аталантарас тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕç тунă, халăхсене пĕр-пĕре ăнланса илмелле тăвас ĕçре нумай пулăшнă, этемлĕх культурине пуянлатнă. Вĕсен ĕçĕсем тĕнче культурин пуянлăхĕ пулса тăрассĕ.

Пĕтĕм тĕнчери миршĕн, демократишĕн тата прогресшăн кĕрешекен халăхсем Америка империалисчĕсене тĕнче культурине таптаса тăкма памĕç. Америка агрессорĕсене вĕсен этемлĕхе хирĕçле тискер шухăшĕсене пурнăçлама чарĕç. Пĕтĕм тĕнчери халăхсем чаплă ятсене—Виктор Гюго, Леонардо да Винчи, Н. В. Гоголь, Авиценна тата тĕнче культурин ытти представителĕсен ячĕсене хÿтĕлессишĕн кĕрешессĕ. Халăхсем культура енĕпе пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлени пĕтĕм тĕнчери халăхсене тачă пĕрлешсе пысăк ĕç тума пулăшать, этемлĕхе аталанма чаплă малашлăх уçса парать, тенĕ юлашкинчен Го Мо-жо.

Пухура Китай писателĕ Лао Шэ сăмах тухса каланă. Вăл Н. В. Гоголĕн пурнăçĕпе творчестви çинчен каласа кăтартнă. Гоголь произведенийĕсем çĕршер миллион çынсен чĕрисенче пурăнассĕ, халăх вĕсене юратать, вулать, вĕсем çинчен астăвать. Вĕсем—вилĕмсĕр произведенисем, тенĕ Лао Шэ.

Пухура Китай писателĕ Мао Дунь, Пекинри чаплă ларăва Францирен тата Италирен пынă хăнасем тата ыттисем те сăмах тухса каланă.

Паян Китайри хаçатсем тĕнче культурин чаплă деятелĕсене хисеплесе асăнса статьясем нумай пичетлесе кăларнă.

## Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай халăх хуçалăхне 1952 çулта аталантармалли план

ПЕКИН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Дунбэйжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 28-мĕшĕнче Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай халăх правительствин ларăвĕ пулнă. Ларура Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай халăх хуçалăхне 1952 çулта аталантармалли плана йышăннă.

Çав план тăрăх государство предприятийĕсен продукцийĕ 1952 çулта, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, укça çине куçарса шутласан, 41.5 процент, ялхуçалăх продукцийĕ—20,6 процент ÿсмелле. Планра капитальнăй строительство ĕçĕсене пĕлтĕрхинчен 125 процент нумайрах тума палăртнă. Промышленноçри оборудованин хисепĕпе хăвачĕ тата техникеемпе квалификациллĕ рабочисен йышĕ чылай ÿсмелле.

Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай халăх правительстви председателĕн заместителĕ Линь Фын ларура халăх хуçалăхĕн 1952 çулхи планĕ вăл Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китая малалла индустриализацилесе пымалли план пулнине палăртнă.

## Болгарире çĕре шăвармалли каналсем тăвассĕ

СОФИЯ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири Пирински крайра «Бистрица» текен çĕре шăвармалли системăна туса пĕтерессĕ. Ку вăл Пирински крайри çĕре шăвармалли чи пысăк система пулать. Унăн каналĕсен тăршшĕ пĕтĕмпе 200 километртан иртет.

Кăçалхи çул вĕçленнĕ тĕле кунта 70 пин гекар çĕре шăварма тытăнассĕ.

## В. Поптомов пытарни

СОФИЯ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Софийăра Болгарири партин тата государствăн питĕ паллă деятельне, Болгарири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членне, Министрсен Совечĕн председателĕн заместительне Владимир Поптомова юлашки çула ăсатнă, унăн ÿтне пытарнă.

16 сехетре Вылко Червенков, Георгий Чанков, Райко Дамянов тата Владимир Поптомовăн ытти тусĕсемпе çывăх çыннисем Владимир Поптомовăн ÿтне хунă тупăка Халăх çарĕн Суртĕнчен çĕклесе тухса тупă лафечĕ çине хуртассĕ.

Хурлăхлă процесси вăраххăн Сентябрĕн 9-мĕшĕ ячĕпе тăракан площадь патнелле пырать. Площадьре, Георгий Димитров мавзолейĕ патĕнче, Болгарири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ, Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Райко Дамянов сăмах илет. Вăл Владимир Поптомова асăнса сăмах калать.

Унтан процесси Софийăри масар çине каять. Унта кĕске вăхăт хушши хурлăхлă митинг ирттерни хыççăн Владимир Поптомов ÿтне пытарнă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕн паянхи пĕлтерĕвĕнче çапла каланă: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле пур фронтсенче те тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçнă.

Вăтаçĕртипе хĕвелтухăçĕнчи фронтсен уйрăм участокĕсенче тăшман, авиаци тата танксем пулăшнипе, Халăх çарĕн чаçĕсен позицийĕсене тапăнса атакăсем тума хăтланнă. Халăх çарĕн чаçĕсем тăшман атакисене сире-сире янă, унăн салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине чылай пĕтернĕ.

Халăх çарĕн артиллерийĕ Кимчхэк (хĕвелтухăçĕнчи çыран) патĕнче тăшманăн пĕр çар карапне шыва путарнă, çав карап мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине тупăсемпе пеме хăтланнă пулнă.

ПХЕНЬЯН, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсемпе пĕрле тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçассĕ.

Халăх çарĕн çыранти артиллерийĕ тăшманăн 2 эсминецне стройран кăларнă, çав эсминецсем Вонсан хули çывăхне пырса мирлĕ хуласемпе ялсем çине тупăсемпе пенĕ пулнă.

Халăх çарĕн зенитнăй артиллери чаçĕсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн 8 самолетне персе ÿкернĕ.

### АМЕРИКА ИМПЕРИАЛИСЧĔСЕМ БАКТЕРИЛЛĔ ХĔÇПĂШАЛПА УСĂ КУРНИНЕ ХИРĔÇ

БУДАПЕШТ, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Америка империалисчĕсем Корейăпа Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнă пирки Венгри халăхĕн çыннисем хытă тарăхассĕ. Пĕтĕм Венгрири мир совечĕ тата Венгрири наука академийĕ пуху ирттернĕ. Пухура Венгрири наукăн паллă деятелĕсем нумайăшĕ пулнă. Венгри Халăх Республикин Наука академийĕн член-корреспонденчĕ Имре Сабо Пĕтĕм тĕнчери юрист-демократсен пĕрлешĕвĕн комиссийĕ американецсем Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнă пирки çырнă доклад çинчен каласа панă.

Пухăва пынисем пĕр шухăшлă пулса йышăннă резолюцире Америка империалисчĕсен преступлениллĕ ĕçĕсем пирки хăйсем хытă тарăхни çинчен пĕлтерессĕ, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнчен çав тискер ĕçсене чарса лартма халех витĕмлĕ мерăсем йышăнма ыйтассĕ.

### АМЕРИКА ИМПЕРИАЛИСЧĔСЕМ БАКТЕРИЛЛĔ ХĔÇПĂШАЛ НУМАЙРАХ ХАТĔРЛЕМЕ ХЫТĂ ТĂРĂШАÇÇĔ

ОТТАВА, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Ситизен» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 28-мĕшĕнче Кингстонра США, Англи тата Канада çар специалисчĕсен вăрттăн конференцийĕ пуçланнă. Конференцие пухăнна çынсем Оттавăпа пынă. Вĕсем унта яшур чирĕн тата выльăхсен ытти чир-чĕрисен бактерийĕсемпе вăрçăра усă курасси çинчен сÿтсе явассĕ. Çав ыйтăва пăхса тухнă чухне вĕсем хальхи вăхăтра Саскачеван провинцийĕнче яшур чирĕ сарăлнин результачĕсем çинчен калакан сведенисемпе усă курассĕ. Вĕсем тата ăçта кирлĕ çĕре хăйсем тĕллĕн вĕçсе пыракан снарядсемпе усă курас ыйтăва та сÿтсе явассĕ.

### ÇУРÇĔР АФРИКĂРИ ĔÇÇЫННИСЕМ ФРАНЦИ ПОЛИЦИЙĔН ЗАКОНСĂР ĔÇĔСЕНЕ ХИРĔÇ ПРОТЕСТЛЕÇÇĔ

ПАРИЖ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Либерасьон» хаçат çакăн çинчен пĕлтерет: Алжирти рабочисем Май уявĕ ячĕпе демонстрацисем ирттернĕ пулнă. Демонстрацие тухнă рабочисене Франци полицийĕ хĕсĕрленĕ. Çурçĕр Африкăри ĕççыннисем Франци полицийĕ хĕсĕрленине хирĕç протестлеççĕ. Çурçĕр Африка çыннисен—Францире вĕренекен студент-мусульмансен пĕрлешĕвĕ шалти ĕçсен министрне тата çутĕç министрне телеграммăсем янă. Çав телеграммăсенче полици Майăн 1-мĕшĕнче нумай çынсене тытса хупнине хирĕç, законсăр ĕç тунине хирĕç хытă протестленĕ.

Полицейскисемпе охранниксем демонстрантсем çине тапăннине хирĕç протестлесе, ĕнер Оран хулинче (Алжир) забастовка тăвасси çинчен пĕлтернĕ. Забастовкăна портра ĕçлекен грузчиксем, газ завочĕсенче тата электростанцире ĕçлекен рабочисем, травмай работникĕсем хутшăннă. Кунсăр пуçне, Мерс-аль-Кебирăри карапсем тăвакан верфьре ĕçлекенсем, демократиллĕ хаçатсен работникĕсем тата Алжирти чугун çул çинче ĕçлекенсем забастовка тума тытăннă.

### *Тунисри лару-тăру*

ПАРИЖ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат çакăн çинчен пĕлтерет. Тунисăн 402 патриочĕ, Бен Гарданри (Тунисăн кăнтăрти пайĕ) лагере ссылкăна янăскерсем, апрелĕн 27-мĕшĕнче хăйсене питĕ начар условисенче усранине хирĕç тата администраци тискерле хăтланнине хирĕç протестленĕ ятпа апат йышăнмасăр пурăнма тытăннă.

«Юманите» хаçат Франци влаçĕсем Тунисăн çав патриочĕсене мĕнле сăлтавпа лагере хупни çинчен халиччен официальнă йĕркепе нимĕн те пĕлтерменнине палăртать.

# Совет правительстви нимĕç халăхĕ аллине 66 предприяти панă

БЕРЛИН, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинри демократиллĕ хаçатсем çинче Демократиллĕ Германи Республики правительствин пĕлтерĕвĕ пичетленсе тухнă. Пĕлтерÿре çапла каланă:

Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн правительстви совет акционерлă обществин 66 предприятине Демократиллĕ Германи Республикин правительствине парасси çинчен решени йышăннă.

Совет правительстви совет акционерлă обществин предприятийĕсене нимĕç халăхĕн аллине пама йышăнни вăл Совет Союзĕнчи халăхсем пирĕн халăхăн мирпе демократишĕн кĕрешекен вăйĕсене хытă ĕненсе шанса тăни çинчен калать. Çакăн пек туса Совет правительстви нимĕç халăхĕн никама пăхăнмасăр пурăнас прависене йышăнас политика тытса пынине тепĕр хут кăтартса парĕ. Совет правительстви хĕвеланăçĕнчи державăсене панă нотăсенче те нимĕç халăхне никама пăхăнмасăр пурăнмалли право парассине Германипе тумалли мирлĕ договорăн никĕсĕ вырăнне йышăнма сĕннĕччĕ. Демократиллĕ Германи Республикин правительстви пĕтĕм нимĕç халăхĕ Совет Союзĕн правительствин решенине туслă пурăнас тĕлĕшпе тунă ырă кăмăллă çĕнĕ ĕç вырăнне шутласа, тав туса тата савăнса йышăнассине ĕненсе тăрать.

Совет акционерлă обществин предприятийĕсем пире мирлĕ хуçалăх строительствинче нумай пулăшрĕç. Совет директорĕсем, инженерĕсемпе техникĕсем çав предприятисене лартнă чухне нумай ĕçлерĕç тата вĕсене техника енĕпе лайăх ĕçлеттермелле тăвас тĕлĕшпе нумай тăрăшрĕç. Совет акционерлă обществин предприятийĕсем туса кăларакан продукци Демократиллĕ Германи Республики туса хунă кунранпах пирĕн халăх хуçалăх планĕн пĕр пайĕ пулса тăрать.

Çÿлте асăннă 66 предприяти хушшинче кăмрăк кăлармалли, кали комбиначĕсем, кабель туса хатĕрлекен предприятисем, Берлинри аккумулятор завочĕ, Ростокри судносем тăвакан «Нептун» ятлă верфь, Эйзенахри «БМВ» текен автомобиль завочĕ, вагонсем тăвакан заводсем, тимĕр япаласем тăвакан заводсем тата ытти предприятисем те пур.

Демократиллĕ Германи Республики правительствин пĕлтерĕвĕнче малалла çапла каланă:

«Вăйлă аталаннă тата управлени ĕçне лайăх йĕркеленĕ çак предприятисем халăх аллине куçни тивĕçлĕ министерствăсене, предприятисен руководителĕсене тата предприятисен коллективĕсене çав предприятисенче халиччĕнхинчен сахал мар продукци туса кăларассишĕн тата продукци пахалăхĕшĕн, предприятисене малалла вăйлатса пырассишĕн тăрăшма хушать.

Пур рабочисемпе работницăсем те, инженерсемпе техниксем те çав предприятисене малалла аталантарас ĕçшĕн хăйсем пысăк ответлă пулнине пĕтĕмпех туйса ĕçленипе хăйсем мире сыхласа хăварассишĕн тата Демократиллĕ Германи Республикин государство вăй-хăватне тĕреклетессишĕн кĕрешес ĕçе вăйлатнипе Совет правительстви ырă кăмăллă решени йышăннăшăн аслă Сталинпа совет халăхне тав тăвĕç».

Совет правительстви Демократиллĕ Германи Республикине пама йышăннă 66 предприятин списокне те хаçатсем çинче пичетлесе кăларнă.

# Лондонра пысăк демонстраци тата митинг пулнă

ЛОНДОН, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Лондонра ĕççыннисен пысăк демонстрацийĕ пулнă. Çакă вăл—1926 çулхи пĕтĕмĕшле забастовка хыççăн пулнă чи пысăк демонстраци. Демонстрацие 40 пин çын ытла хутшăннă. Лондон хулин тĕрлĕ районĕсенче пухăннă демонстрантсем пилĕк колоннăпа урамсем тăрăх пырса, Трафальгар-сквер площадьне çитнĕ.

Кăçалхи демонстрацие иртнĕ çулсенчи демонстрацисем хушшинчи уйрăмлăх çакăн пек: кăçалхи демонстрацие Лондонри профсоюз организацийĕсем активлă хутшăннă. Коммунистсемпе тата комсомолецсемпе пĕрле демонстрацие профсоюзсен пысăк организацийĕсен членĕсем хăйсен профсоюзĕсен ялавĕсемпе тухнă. Демонстрацие Лондонри профсоюзсен совечĕн, машиностроительсен пĕрлештернĕ профсоюзĕн, электропромышленноçри рабочисен профсоюзĕн, железнодорожниксен нациллĕ профсоюзĕн, учительсен, медицина работникĕсен, печатниксен профсоюз организацийĕсен, Кентри горняксен профсоюзĕн тата ытти нумай профсоюзсен членĕсем хутшăннă.

Демонстрантсен колоннисем хула урамĕсенче миршĕн, васкасах хĕçпăшал хатĕрлес тата вăрçă хатĕрлес политикăна хирĕç, Корейăрипе Малайăри вăрçа чарса лартассишĕн, Германипе Японие хĕçпăшаллантарнине хирĕç, пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшÿ тутарассишĕн кĕрешме чĕнекен лозунгсем çĕклесе пынă. Британи империйĕн колонийĕсенче пурăнакан халăхсен представителĕсен пысăк колонни колонисенчи халăхсене никама пăхăнманлăх пама ыйтакан лозунгсемпе иртсе пынă.

Нумай лозунгсем çине Америкăн Англири çар базисене пĕтерсе лартма ыйтакан требованисене çырнă пулнă.

Кăçхине 5 сехет тĕлне пур колоннăсем те Трафальгар-сквер площадне пырса çитнĕ, унта пысăк митинг пулса иртнĕ.

# Италири ĕççыннисем ĕç укçи ÿстерттерессишĕн кĕрешеççĕ

РИМ, майăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Италири ĕççыннисен ĕç укçи ÿстерттерессишĕн пыракан кĕрешĕвĕ ытларах та ытларах сарăлать. Апрелĕн 25-мĕшĕнче, 28-мĕшĕнче тата 29-мешĕнче газ завочĕсенчи рабочисем пĕтĕмĕшле забастовкăсем ирттернĕ. Çавăн пирки предприятисен хуçисен коллективлă ĕç договорĕсене çĕнĕрен пăхса улăштарасси тата ĕç укçи ÿстересси çинчен çĕнĕрен калаçусем пуçлама килĕшмелле пулнă.

Цемент завочĕсенче ĕçлекенсем апрелĕн 29-мĕшĕнче пĕтĕмĕшле забастовка ирттернĕ. Апрелĕн 30-мĕшĕнче Çурçĕр Италири банксенче ĕçлекен служащисем забастовка тунă.

Турин хулинче муниципалитет трамвайĕсем çинче ĕçлекен рабочисемпе служащисем апрелĕн 24-мĕшĕнче, майăн 3-мĕшĕпе 4-мĕшĕнче забастовка ирттернĕ.

# Англипе Америка хушшинчи хирĕçÿсем

ЛОНДОН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли мейл» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ çакăн çинчен пĕлтерет: США-н тинĕс-çар ведомстви Англин Вăтаçĕр тинĕсри флотне Çурçĕр Атлантика союзĕн Европăн кăнтăрти пайĕнчи тинĕс-çар вăйĕсен командующийĕн, Америка адмиралĕ Кэрнин аллине партарасшăн. Ку енĕпе США тинĕс-çар ведомстви Англие хытă хĕсет.

«Иртнĕ çулта Çурçĕр Атлантика союзĕн Атлантика океанĕн çурçĕр пайĕнчи тинĕс-çар вăйĕсен командующийĕ пулма кама уйăрса лартас пирки вăйлă тавлашусем пулчĕç пулсан, халĕ те вăрттăн тавлашу çавăн пекех вăйлă пырать», тесе çырать корреспондент.

Корреспондент каланă тăрăх, США-н тинĕс-çар вăйĕсен штабĕн начальникĕ Фехтлер адмирал часах Лондона пырать, унта вăл Вăтаçĕр тинĕс çинчи командующи пулма американеца уйăрса лартни çар ĕçĕпе политикăллă ĕçсем енĕпе мĕн тери усăллă пуласси çинчен ăнлантарса пама шутлать.

Корреспондент малалла çапла çырать: «Халиччен тулаш енчен пĕр-пĕрне хисепленĕ пек тыткалатчĕç, анчах Англи посольствин сотрудникĕсене Америкăри хаçатсем Америкăн тинĕс çарĕн штабĕсенче ĕçлекенсен шухăшĕсене палăртакан «хĕтĕртекен» хыпарсене нумай пичетлени ытларах та ытларах шиклентерет. Вашингтонра çапла шутлаççĕ: Фехтлер адмирал Лондона куçа-куçăн тĕл пулса хăйĕн шухăшĕсене уççăн каласа пама каять».

### АНГЛИ ВЛАÇĔСЕН ГОНКОНГРИ ЗАКОНСĂР ĔÇĔСЕМ

ПЕКИН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 25-мĕшĕнче Англи влаçĕсем законлă йĕркесене пăсса, Китай рабочийĕсене 10 çынна Гонконгран кăларса янă. Вĕсем Гонконгра пурăнни Англи влаçĕсене килĕшмест, тенĕ.

Полици управленийĕнче Китай рабочийĕсене Англи полицейскийĕсем хĕнесе тата кÿрентерсе пĕтернĕ.

«Росглаввино» совхозĕн (Шупашкар) 62 гектар йышăнса тăракан садĕнче çуркуннехи ĕçсене тăвассĕ. А. С. Гордеева юлташ ертсе пыракан бригада йывăç вуллисене шуратать, ытлашши туратсене иртет тата ытти ĕçсене те тăвать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: бригада членĕ Е. М. Максимова ĕçре.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Арман коллективĕсен çитĕнĕвĕ

Май уявĕ ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, Çĕмĕрле арманĕ çăнăх авăртмалли çур çулхи плана срокчен тултарчĕ. Канашри арман пăри кĕрпи туса кăларма тытăнчĕ. Халиччен арман трестне пăхăнса тăракан армансем çавăн пек кĕрпе туса кăлармаи. Арман тресчĕ кĕрпе туса кăлармалли пилĕк уйăх планне 116,5 процент тултарчĕ.

Г. АПАНАСОВ.

## *РСФСР-та мала тухассишĕн*

Апрелĕн 8-мĕшĕпе 25-мĕшĕ хушшинче Киров хулинче РСФСР-та шашка вăййипе мала тухассишĕн пулнă çурмафиналта крайсенчи, облаçсенчи, автономиллĕ республикăсенчи вăйлă шашистсем тĕл пулса выляна. Вĕсенчен пĕринче пирĕн республика шашка чемпионĕ Егоров хутшăннă. Тĕлпулура малти вырăнсене: Дон çинчи Ростов хулинчи 9-мĕш класра вĕренекен И. Емельянов, Калуга область чемпионĕ Андриевич, Чкалов область чемпионĕ Сорокин, Вологда область чемпионĕ Корешков йышăнна.

Пирĕн республика представителĕ Егоров хăшпĕр вăйăсенче лайăх выляна. Уйрăмах улттăмĕш вăйăра вăл малта пыракан Кемерово область чемпионĕнчен Трофимовран выляса илнĕ. Вăл 7-мĕш вырăна тухнă.

## *Атăл çинче*

Атăл шывĕ хушăнсах пырать. Ĕнер ирхине, 8 сехет тĕлне, пÿрĕ 6 метр та 32 сантиметр хушăннă. Çав вăхăт тĕлне сывлăшра 8 градус, шывра 7,5 градус ăшă пулнă.

Майăн 3-мĕшĕнче анатран малтанхи пăрахут çитрĕ. Вăл Молотов хулинчен тухнă «Москва» ятлă пăрахут. Ĕнер кăнтăрла иртсен 3 сехетре Астраханьрен Горькине каякан «Страж революции» пăрахут çитрĕ.

## Пĕлтерни

Паян, майăн 6-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, Советсен Çуртĕн пысăк залĕнче большевикла Пичет кунĕ ячĕпе Шупашкар хулинчи парти, профсоюз, комсомол активĕн тата корреспондентсен пухăвĕ пулать.

Большевикла Пичет кунĕ çинчен доклад тăваканĕ—В. Я. Яковлев юлташ.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔ, «КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ», «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ», «ÇАМРĂК БОЛЬШЕВИК» ХАÇАТСЕН РЕДАКЦИЙĔСЕМ.

Ответлă редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: ответлă редактор—0-67, ответлă редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01082 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.